ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул
Май
21
юнкун
№ 100 (8752)
Хакĕ 20 пус.
35-мĕш çул тухать.



## Колхозсенчи хуçасăрлăха хирĕç

Пирĕн çĕршывăн Тĕп Законĕнче — Сталинла Конституцире сырса хунă тăрăх, Совет государствин экономикăлла никĕсĕ социализмлă харпăрлăх пулса тăрать. Социализмлă харпăрлăха ӳстересе, çирĕплетсе пынипе хамăрăн Совет государствин вăйĕ-хăвачĕ ӳсет. Пирĕн Тăван çĕршыв никам çĕнтерейми çирĕп тултăр тесен, кашни совет çынни социализмлă харпăрлăха куç шăрçине сыхланă пек сыхласа усрани кирлĕ.

Мĕн-ха вăл социализмлă харпăрлăх?

Пирĕн çĕршывра мĕнпур пуянлăх, мĕнпур пурлăх, колхозсен пурлăхĕсĕр пуçне, пĕтĕм государство пуянлăхĕ пулса тăрать. Вăл, капитализмлă çĕршывсенчи пек, уйрăм хуçасен, капиталистсен аллинче мар, государство аллинче, пĕтĕм халăх аллинче тăрать. Унпа пĕр-пĕр уйрăм çын тепĕр çынна пусмăрлас тĕллевпе усă курма пултараймасть. Çак пĕтĕм общество пурлăхĕ шăпах ĕнтĕ социализмлă пурлăх пулса тăрать.

Анчах колхозсен чăрлештерĕ пурлăхĕ те государство пурлăхĕнчен тĕпренех уйрăлса тăмасть. Вăл—пĕтĕм государство пурлăхĕ мар, уйрăм колхозсен пурлăхĕ пулнипе кăна государство пурлăхĕнчен кăшт уйрăлса тăрать. Çавăнпа колхозсен пурлăхне те, тепĕр майлă каласан, кооперативлă-колхозлă пурлăха та эпир социализмлă харпăрлăх тесе шутлатпăр, çавăнпа партипе правительство колхозсен пĕрлештернĕ пурлăхне те ӳстерĕсемĕн ӳстерсе тата тĕреклетсе пыма хушассĕ. Ку вăл пирĕн государствăн хăватне çирĕплетме те, колхозниксен хăйсен пурнăçне лайăхлатма та питĕ кирлĕ.

**«Колхозниксене пуян пурăнакансем пулма, çавна тума халĕ пĕр япала кăна кирлĕ—колхозра тӳрĕ кăмăлпа ĕçлемелле, тракторсемпе тата машинăсемпе тĕрĕс усă курмалла, ĕç выльăхĕсемпе тĕрĕс усă курмалла, çĕре тĕрĕс ĕçлемелле, колхоз харпăрлăхне упраса усрамалла»,**— тесе вĕрентет Сталин юлташ.

Çапла ĕнтĕ, ялта ĕçлекен коммунистсем умĕнче тăракан чи пысăк задачăсенчен пĕри вăл—колхозсен харпăрлăхне, урăхла каласан, обществăллă пурлăха ӳстерсе пырасси, колхозсене организациллĕ хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетесси пулать. Ку задача коммунистсемшĕн çеç мар, ялти ытти мĕнпур работниксемшĕн те, уйрăмах колхоз правленийĕсемпе председателĕсемшĕн тата колхозниксемшĕн питĕ пысăк задача пулса тăрать.

Колхоз вăл пысăк та шултра хуçалăх пулса тăнă пирки, унăн çуртйĕр тавра-шĕсем, машинăсемпе ĕç хатĕрĕсем, урапа-çунасем, выльăх-чĕрлĕхсем тата ытти пурлăхсем те нумай. Кунсăр пуçне, унăн укçи-тенки те пиншер тенкĕпе шутланать. Вĕсене нумайăшне артель членĕсем колхоза кĕнĕ чухне пĕрлештернĕ, кайран вара колхозниксен пĕрлешӳллĕ ĕçĕпе туса пынă. Кашни колхозăнах халĕ хуçалăхĕ çĕршер пин е миллионшар тенкĕлĕх шутланать, вăл çултан-çулах нумайланса пырать.

Пурлăх хисепĕ ӳсни колхоз çирĕпленсе пынине кăтартса парать. Пурлăх нумай пулсан, ăна лайăх упраса усрассĕ тата унпа пĕлсе усă курассĕ пулсан, колхоз тĕреклĕ, вăйлă пулать, унăн ĕçĕсем те лайăх пулса пырассĕ. Вăрнар районĕнчи Кольцовкăпа Елчĕк районĕнчи Аслă Пăла Тимеш ялне пырса кĕрекен çын унти лайăх витесемпе машина сарайĕсене тата ытти чаплă çурт-йĕре курсанах çак ялсенчи Сталин ячĕпе тата Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсем лайăх ĕçленине аса илет.

Начар ĕçлекен колхозсенче вара çуртйĕрпе ытти пурлăха та типтерсĕр тытса усрассĕ, хуçалăха вăхăтсăр ишĕлтерсе ярассĕ. Хуçалăх çине, çурт-йĕрпе машинăсем çине, выльăх-чĕрлĕх çине чунсăррăн, ответсăррăн пăхас йăла нумай колхозсенче пур-ха. Хăшпĕр колхозсенче витесем е ытти çурт-йĕрсем юхăнса, ишĕлсе тăнине куратăн, вĕсен униче картисем çĕмĕрĕлсе пĕтнĕ, хаклă машинăсемпе урапа-çунасем йăванса выртассĕ. Сăмахран, Ишлей районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхоза илсе кăтартма пулать. Ку колхозра хуçасăрлăх калама çук пысăк сиен кӳрет, кунта ăста ыран унта хуçасăрлăхпа тĕл пулатăн. Колхозăн темиçе пушă çурчĕ уçсăрах çĕрсе ларассĕ. Выльăх-чĕрлĕх фермисенче пайĕ выльăхсемпе чăх-чĕпсем выртассĕ, вĕсене унтан илсе тухма никама та алă çитмест. Витесене султалăкĕ-султалăкĕпе тасатмассĕ, юсамассĕ. Кăвакалсен витинче чăтма çук пăчă, ирсĕр, шăршлă, çавна пула кăвакалсем нумай вилсе пĕтнĕ. Колхоз правленийĕн вара, витине тасатас вырăнне, темĕнлĕ чир-чĕрсем шырама тытăннă, анчах вĕсене тупайман. Выльăх-чĕрлĕх продукцине шута илсе пымассĕ, унталла-кунталла салатса пĕтерессĕ, выльăх апатне ним йĕркесĕр тăкаклассĕ. Çак районти «Герой» колхозра та хуçасăрлăх, юхăнчăклăх пысăк: ăста пăхан унта кантăр сӳсĕ çĕрсе выртать, выльăх фермисене ним йĕрки те çук, ĕнесенчен колхоз халĕ çуршар литр та сĕт суса илмест, колхоз фермине колхозниксен сысисем тăранса пурăнассĕ.

Каламасăрах паллă, çак йĕркесĕрлĕхсем ку колхозсене хавшатассĕ, юхăнтарассĕ, çак хуçасăрлăха пĕтермесĕр, ку колхозсене тĕреклетесси çинчен сăмах та пулма пултараймасть. Асăннă колхозсен правленийĕсемпе председателĕсем, бригадирĕсем тата ревизи комиссийĕсем артель пурлăхне упрас тесе тăрăшмассĕ. Ишĕлсе тăракан çурт-йĕр умĕн, çĕрсе выртакан япаласем патĕнчен кашни кунах темиçе хут иртсе çӳрессĕ пулин те, çак колхозсенчи ертсе пыракан работниксем çав ишĕлсе-çĕрсе выртакан пурлăха тытса юсасси çинчен шутламассĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре йĕрке тума тăрăшмассĕ. Колхозра йĕркелĕх тăвас вырăнне, унта хĕрӳ ĕç пынă вăхăтра Маленков ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Елахов юлташ эрни-эрнипе ĕçкĕре çӳрет. ВКП(б) райкомĕпе райисполком вара çакна лăпкăн сăнаса тăрассĕ.

Колхоз хуçалăхĕ çине ют çынла, чунсăррăн пăхакан руководительсене тӳссе пурăнма юрамасть. Анчах кунпа пĕрлех колхоз пурлăхĕшĕн ытти мĕнпур колхозниксем те ответлă пулса тăрассĕ. Машинăна е урапа-çунана ăçта лекнĕ унта пăрахса хăваракан, е вĕсене тирпейсĕр тыткаласа çĕмĕрекен, колхоз фермисенчи йĕркесĕрлĕхе курса тăрсах ун çинчен нимĕн те шарламан колхозник артель хуçалăхне çирĕплетме тăрăшмасть, ăна сиен кӳрет, çапла вăл хăйĕн тата хăйĕн çемйин пурнăçне те сиен кӳрет. Артель пуянланса, ӳссе пытăр, унăн хуçалăхĕ çирĕпленсе пытăр тесе тăрăшакан колхозник артель япалисемпе кирек хăçан та тирпейлĕ усă курать, вĕсене асăрханулла тыткалать. Пирĕн колхозниксен анлă массисем çакăн пек колхозниксем пулса тăрассĕ те ĕнтĕ.

Колхозниксене артель пурлăхĕ çине социализмла пăхма, ăна тирпейлĕ тыткалама вĕрентесси—колхозри парторганизацисен, колхоза ертсе пыракансен задачи. Кун пирки Сталин юлташ çапла вĕрентет: **«хуçалăха тытса пырас ĕçри ответлăхăн тĕп йывăрăшĕ халĕ уйрăм хресченсем çинчен колхоз руководстви çине, колхоза ертсе пыракан ушкăн çине куçать. Халĕ ĕнтĕ хресченсем хуçалăхшăн тăрăшассине тата ĕçе пĕлсе тытса пырассине хăйсенчен мар, колхоз руководствинчен ыйтассĕ, е, тĕрĕсрех каласан, хăйсенчен ытларах колхоз руководствинчен ыйтассĕ».**

Артель пурлăхне упраса усрас тата унпа усă курас ĕçре Устав хушнă пек çирĕп йĕрке туса хурас пулать. Артелĕн кашни япалишĕн кам та пулин ответ тытма тивĕçлĕ. Выльăх-чĕрлĕх вилнĕшĕн, çурт-йĕре ишĕлтернĕшĕн е ĕç хатĕрĕсене çĕмĕрнĕшĕн ответ тыттарас йĕрке халĕ чылай колхозсенче çук-ха. Çакă вăл пачах та тĕрĕс мар. Çакă вăл колхозра хуçасăрлăх суратать, хуçалăх юхăнасси, колхоз хавшасси патне илсе пырать. Колхозсене тĕреклетмешкĕн, колхозниксен пурнăçне лайăхлатмашкăн вара хуçасăрлăха тĕпĕ-йĕрĕпех пĕтерни, колхозăн социализмлă харпăрлăх пулса тăракан пурлăхне куç шăрçине упранă пек сыхласа усрани кирлĕ. Çакна тума колхоз правленийĕсемпе парторганизацисен мĕнпур колхозниксене мобилизацилемелле. Колхозсене тĕреклетес енĕпе тăракан çак питех те кирлĕ ыйтупа ВКП(б) райкомĕсемпе райисполкомсем те кӳллĕн интересленме тивĕçлĕ.

## Совет Союзĕнчи çамрăк пионерсене

В. И. Ленин ячĕпе тăракан пионер организацийĕ 30 çул тултарнă кун пионерсемпе шкул ачисене пĕтĕм чĕререн саламлатăп.

Пионерсемпе шкул ачисене сывлăхлă пулма тата вĕренӳре, ĕçре, обществăллă ĕçре ăнăçусем тума ырă сунатăп.

Пионер организацийĕ малашне те пионерсемпе шкул ачисене шанчăклă ленинецсем, пирĕн аслă Тăван çĕршывăн чунтан-чĕререн парăннă ывăлĕсем пулма воспитани парса пытăр.

И. СТАЛИН.

*МУСКАВ, КРЕМЛЬ.*

## *Иосиф Виссарионович СТАЛИН юлташа*

**Хаклă Сталин юлташ!**

Владимир Ильич Ленин ячĕпе тăракан пионер организацийĕ 30 çул тултарнине уявланă ятпа савăнăçлă ларăва пухăннă çынсем Сире, пирĕн юратнă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр, хăйсем хĕрӳллĕн юратни, вĕçĕмсĕр парăнса тăни тата чунтан-чĕререн тав туни çинчен пĕлтерессĕ.

Социализмлă çĕршывра, çамрăк ăрăва коммунистсен партийĕ, Совет государстви, пĕтĕм халăх çав тери юратнă тата уншăн тăрăшнă çĕршывра пурăнмалла тата ĕçлемелле пулнăшăн эпир Сире, чунтан юратнă Сталин юлташ, тав тума тивĕçлĕ. Ачасемшĕн, вĕсене воспитани парассишĕн тата лайăх пăхса ӳстерессишĕн пирĕн патăмăрти, Совет Союзĕнчи пек хытă тăрăшни урăх ниçта та çук.

Совет ачисем сывлăхлă та хаваслă, культурăллă та вĕреннĕ çынсем пулса çитĕнессĕ. Тĕнчере чи малти вырăнта тăракан совет шкулĕ пионерсемпе шкул ачисене воспитани тата образовани парас тĕлĕшпе питĕ тăрăшса ĕçлет. Халăх учителĕсен çарĕ—коммунистсен партийĕ, совет влаçĕ, Эсир, Сталин юлташ, пăхса ӳстернĕ çар—коммунизмăн пулас строительсене вĕрентсе хатĕрлемелли пархатарлă ĕçе хăйĕн пĕтĕм вăйĕпе пĕлĕвне парса туса пырать.

Çамрăк ăрăвăн шухăш-кăмăл вăйĕсене, пултарулăхĕсене тата таланчĕсене пур енĕпе те чечеклентерме мĕн кирлине Советлă Тăван çĕршыв çамрăк ăрăва пĕтĕмпех парса тăрать. Ачасем валли пионерсен дворецĕсемпе çуртĕсем, пионер лагерĕсем, стадионсем, спорт площадкисем, библиотекăсем, ача театрĕсем пур; пирĕн патăмăрта ачасем валли кĕнекесем, журналсем тата хаçатсем миллионшар тиражпа пичетлесе кăларассĕ.

Пирĕн çĕршыври ачасен коммунистла юхăмĕ пуçланса каяс ĕçе малтанхи кунсенчех коммунистсен партийĕ, аслă Ленин, Эсир, Сталин юлташ, ертсе пынă. Большевиксен партийĕ ертсе пынипе, Эсир, Сталин юлташ, ертсе пынипе Совет Союзĕнчи çамрăк пионерсен организацийĕ ӳссе тĕрекленнĕ. Халĕ вăл хăйĕн ретĕсенче 19 миллион ытла çамрăк ленинеца, Ленинпа Сталинăн аслă ĕçĕшĕн кĕрешме яланах хатĕр çамрăксене, пĕрлештерсе тăрать.

Хаклă Сталин юлташ! Пирĕнтен кашниех Сирĕнтен Совет Союзĕн çамрăк пионерĕсене саламланă çыру илнĕшĕн калама çук хĕпĕртесе савăнать. Эпир Сире, хаклă Сталин юлташ, Эсир пионерсемпе шкул ачисене шанчăклă ленинецсем, пирĕн аслă Тăван çĕршывăн шанчăклă ывăлĕсем пулма воспитани парса пыма хушнине пурнăçлас тĕлĕшпе хытă тăрăшса ĕçлетпĕр, тесе чăнлăн тупа туса сăмах паратпăр.

Сире, пирĕн юратнă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр, хамăрăн юратнă Советлă Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн нумай çулсем хушши пурăнма сывлăх сунатпăр.

Сывă пултăр аслă Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ—пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕпе мухтавĕн тĕрекĕ, пĕтĕм тĕнчери мирĕн никам аркатайми çирĕп никĕсĕ!

Сывă пултăр коммунистсен аслă партийĕ—Ленин—Сталин партийĕ, совет халăхĕн çапăçусенче хĕрсе çирĕпленнĕ авангарчĕ, пирĕн çĕнтерӳсен хавхалантаракан пирĕн организаторĕ!

Сывă пултăр халăхсен аслă çулпуçĕ, совет çамрăкĕсен учителĕпе тусĕ—тăван тата юратнă Сталин юлташ!

## Телейлĕ ачасемпе çамрăксен уявĕ

### *Совет Союзĕн Пысăк театрĕнче*

1952 çулхи майăн 19-мĕшĕ—уяв кунĕ, В. И. Ленин ячĕпе тăракан пионер организацийĕ 30 çул тултарнă кун.

Пысăк театр сценине уяв чухнехи пек илемлетнĕ. Сцена çинче, шалта, В. И. Ленинпа И. В. Сталинăн илемлĕ пысăк портречĕсем курăнассĕ. Электричествăн ярçутă çутатакан лампочкисемпе пионерсен «Ленинпа Сталин ĕçĕшĕн кĕрешме хатĕр пул!» тесе чĕнекен девизне çырнă. Аяларахра пионер значокĕн макечĕ, ăна чĕрĕ чечексемпе эрешлесе илемлетнĕ. Сылтăм енче—«1922» тата сулахай енче «1952» тесе çырнă паллăсем ялкăшса çуталассĕ.

Савăнăçлă пуху пуçланиччен нумай малтан театрти партерсемпе ложăсене пионерсем, комсомолецсем, учительсем, пионерсен вожатăйĕсем, партипе комсомол работникĕсем, Мускаври предприятисенчи стахановецсем йышăнассĕ.

Каçхине 7 сехет. ВЛКСМ Мускав хула комитечĕн секретарĕ А. А. Рапохин юлташ комсомол активĕн савăнăçлă пухăвне уçни çинчен пĕлтерет.

Хисеплĕ президиума ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн И. В. Сталин юлташ ертсе пыракан Политбюровне суйлама сĕнсессĕн, пухăва пынисем пурте ура çине тăрса нумайччен тăвăллăн алă çупассĕ. Большевиксен аслă партине, совет халăхне çĕнтерӳсем тума хавхалантаракан тата организацилекен аслă Сталина чысласа тăвăллă алă çупни темиçе минут тăсăлать.

Пуху председателĕ пионер организацийĕ 30 çул тултарнă ятпа И. В. Сталин юлташ янă саламлă çырăва вуласа парать. Театрти ярусcемпе ложăсенче ларакансем пурте хĕпĕртесе хавасланассĕ. Пухăва пынисем аслă çулпуç çамрăк ленинецсем патне янă саламлă çырăва питĕ тимлĕ итлессĕ. Пурте ура çине тăрассĕ. Залра тăвăллă алă çупни кĕрлесе тăрать. Алă çупнă сасă хытăрах та хытăрах кĕрлет, вăйланнăçемĕн вăйланса пырать. «Пирĕн юратнă Сталин юлташа — урра!», «Ленин—Сталин партине—урра»! тесе кăшкăрса саламланисем илтĕнессĕ. Совет çамрăкĕсен чи лайăх тусне—Сталин юлташа чысласа темиçе минут хушши тăвăллă алă çупассĕ.

В. И. Ленин ячĕпе тăракан пионер организацийĕ 30 çул тултарни çинчен ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Н. А. Михайлов доклад туса парать.

Савăнăçлă пухăва пынисем И. В. Сталин юлташ патне хăйсем ăна хĕрӳллĕн юратни тата тав туни çинчен пĕлтерсе саламлă çыру яма йышăннă. Вĕсем çулпуç Совет Союзĕнчи çамрăк пионерсемпе шкул ачисене саламланă пирки хытă хĕпĕртесе савăннине палăртнă, аслă Сталинăн кăтартăвĕсене çирĕппĕн пурнăçласа пыма чăплăн тупа туса сăмах панă.

Сталин юлташа —ачасен чи лайăх тусне чысласа тăвăллăн алă çупма тытăнассĕ, темиçе минут хушши алă çупса саламлассĕ.

* * *

Пуху хыççăн пысăк концерт пулнă. Унта ачасен художествăллă пултарулăх коллективĕсемпе искусство мастерĕсем хутшăннă. (ТАСС)

## Сулă юхтарас ĕçе вăйлатмалла

«Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхозсен кăçалхи навигацире пӳрĕ тăватсĕр пин кубометра яхăн йывăç шыв тăрăх юхтармалла. Пирĕн республикăра пĕренесене шыв тăрăх юхтарас ĕçре хăйне евĕрлĕ йывăрлăх пур. Виççĕр пин кубометра яхăн йывăçа пĕчĕк юханшывсем тăрăх пĕренен-пĕренен юхтарса Атăлпа Сăра кăлармалла. Унта сулă туса предприятисемпе стройкăсене ăсатассĕ.

Халĕ юханшывсем çинче хĕрӳллĕ ĕç пырать. Икçĕр пин кубометр ытла йывăçа шыва пăрахнă. Çав йывăçа çак кунсенчех палăртнă вырăна илсе çитермелле. Пĕчĕк юханшывсем çинче шыв хăвăрт чакать. Васкамасан чылай пĕренесем типпе тăрса юлма пултарассĕ.

Улатăрти сулă юхтаракан кантур коллективĕ ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартать. Парторганизаци коммунистсене чи ответлă участоксене вырнаçтарнă. Коммунистсем стахановла ĕçпе тата хĕрӳллĕ сăмахпа мĕнпур рабочисене хавхалантарассĕ. Суркунне шыв сахал пулассине шута илсе, кантур коллективĕ пăра ватса юханшывсене хăвăртрах тасатма тăрăшнă. Пĕренесене шыва пăрахнă вăхăтра юханшывсем çинче кунĕн-çĕрĕн ĕçленĕ. Чылай стахановецсем ĕç нормине кӳллĕн ик-виçç хут иртерсе тултарнă.

Уйрăмах М. Бабасин юлташ ертсе пыракан бригада паха тĕслĕхсем кăтартнине палăртас пулать. Вăл пур пĕренесене те Ор Пасна юханшывĕнчен Сăра срокчен илсе çитернĕ. Улатăр районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем (бригадирĕ Шаварин юлташ) тата «Заря» колхоз членĕсем (бригадирĕ Рузавин юлташ) ĕç нормине тăтăш 150—180 процент таран тултарассĕ. Вĕсем сулă юхтарасси вĕçленниччен ĕçлеме сăмах панă.

Алтышево вăрманпромхозĕ Люля юханшывĕ тăрăх йывăç юхтармалли плана срокчен тултарнă.

Анчах хăшпĕр вăрманпромхоз руководителĕсем йывăç юхтарассине хаклаймассĕ, ĕç хăй тĕллĕн пулса пырасса шанассĕ. Пăрачкав вăрманпромхозĕ 1951 çулта чылай йывăçа юхтарма ĕлкĕреймен, баржăсем çине вăхăтра тиеменшĕн 18 пин тенкĕ штраф тӳленĕ. Вăрманпромхоз директорĕ П. Федоров юлташ пĕлтĕрхи çитменлĕхсемпе йăнăшсенчен вывод туман. Йывăç юхтарас ĕç кунта кăçал та япăх пырать. Вăрманпромхозăн пĕренесене пĕчĕк юханшывсем тăрăх майăн 10-мĕшĕ тĕлне юхтарса пĕтермелле пулнă. Майăн 20-мĕшĕ тĕлне вăл 14 пин кубометр ытла йывăçа палăртнă вырăнсене илсе çитереймен, чылай пĕренесем Хĕр çыранĕсем хĕрринче, типĕ вырăнта выртассĕ.

Вăрманпромхоз руководителĕсем умра тăракан задачăна пурнăçлама коллектива мобилизацилемен, кадрта тăракан рабочисене йывăç юхтарма вăхăтра куçарман. «Чăвашвăрман» трест çак ответлă ĕçе иртерме вăрманпромхоза Смирнов инженера командировкăна янă. Вăл та ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнман.

Трестăн вунăшар пин кубометр пĕрене çĕр кăмрăк промышленноçне, нумай йывăç чугун çул транспортне, фанера тăвакан предприятисене, Буславкка тата Çĕмĕрле комбиначĕсене, хăма çуракан заводсене, стройкăсене, Çĕмĕрлери экстракт тăвакан завода тăратмалла. Потребительсем пĕрене, хăма, шпал хăвăртрах тата ытларах ăсатма ыйтса телеграммăсем, çырусем ярассĕ. Вăрманпромхозсен потребительсен ыйтăвĕсене вăхăтра тивĕçтерме татăклă мерăсем йышăнас пулать.

Вăрманпромхозсен хăйсен пĕтĕм вăйĕпе пултарулăхне йывăç юхтарас ĕçе ăнăçлăн пурнăçлама мобилизацилемелле. Юханшывсем çинче кунĕн-çĕрĕн рабочисем тата ответлă руководительсем ĕçлетчĕр. Шыв сахал вырăнта пĕвесем тумалла е кивисене юсамалла.

Пĕчĕк юханшывсем тăрăх юхтарса пынă пĕренесене çийĕнчех сулла хывмалла е баржăсем çине тиесе ăсатмалла. Йывăçа баржăсем çине тиес ĕçе механизацилени кирлĕ. Çапла тума вăрманпромхозсен транспортерсем пур. Баржăсем пырсан йывăçа кунĕн-çĕрĕн тиемелле.

Улатăрти сулă юхтаракан кантур коллективĕ сулă юхтармалли плана срокчен тултарма, халăх хуçалăхне плантан иртерсе пилĕк пин кубометр йывăç тăратма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, перекетлĕх тума социализмлă обязательство илнĕ. Çак патриотла пуçару çинчен вăрманпромхозсенче ĕçлекен кашни рабочи, инженер, техник пĕлтĕр.

Вăрманпромхозсенчи партипе комсомол тата профсоюз организацийĕсен сулă юхтаракан рабочисем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сармалла, малта пыракансен опычĕпе меслетне пĕтĕçтермелле, ăмăртӳ мĕнле пыни çинчен стена хаçачĕсемпе боевой листоксенче тăтăшах çутатмалла, хăйсен коллективĕсене умра тăракан задачăсене мысăн пурнăçлама мобилизацилемелле.

Н. МИЛЬКОВ.

## Ир акакан тĕштырăсем акмалли плана тултарнă

**ЧУРАЧĂК, майăн 18-мĕшĕ. (ТЕЛЕГРАФПА). Районти колхозсем ир акакан тĕштырăсем акмалли плана майăн 17-мĕшĕнче 100,1 процент тултарчĕç.**

**Тулă акмалли плана 101 процент, нумай çул ӳсекен курăксем акмалли плана 106 процент тултарнă.**

## *Ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн вуниккĕмĕш сессине пухасси çинчен*

Ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн депутачĕсене çакăн çинчен пĕлтерессĕ: 1952 çулхи майăн 27-мĕшĕнче, ытларикун, каçхине 7 сехетре, ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн вуниккĕмĕш сессийĕ (виççĕмĕш созыв) пухăнать.

Сессире çак ыйтăва пăхса тухмалла: Хулара суту-илӳ ĕçĕ мĕнле тăни çинчен.

Сесси ларăвĕ Советсен çуртĕнче, ларусен пысăк залĕнче пулать.

Ĕçсынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн исполкомĕ.

## Совет Союзĕ тăрăх



Сталино. Н. С. Хрушев ячĕпе тăракан индустри институчĕн преподавателĕсем коммунизмăн аслă стройкисене пулăшассĕ. Вĕсем Кăнтăр Украина каналĕ пулмалли вырăнти тăпрапа чулсене тĕпчесе пăхнă, плотина проектне тата гидротехника сооруженийĕсен проекчĕсене тума пулăшнă.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: институтăн геологи разведки факультетĕнче. Кафедра заведующийĕ Н. И. Новичкова (сулахайри) тата ассистент К. М. Артемова Кăнтăр Украина каналĕ пулмалли вырăнтан илнĕ тăпрапа чулсене сăнаса пăхассĕ.

В. СЫЧЕВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Атăл урлă канат карса çул тăвассĕ

КУЙБЫШЕВ, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Куйбышев гидроэлектростанцине тунă тĕлте Атăл урлă канатсем карса çул тăвассĕ.

Канат карса тунă çула тытса тăма Атăл варринче çӳлĕ пысăк юпасем пуласçĕ. 1001-мĕш номерлĕ çĕр чавакан снаряд çав вырăнта тăпра купалама пуçланă. Гидромеханизаци меслечĕпе никĕс тĕпне 60 пин кубометр тăпра купалассĕ, кайран унта бетонран çирĕп никĕс хывассĕ. Ун çине металран тунă 56 метр тăршшĕ мачтăсем лартассĕ. Канатсене тытса тăракан тĕрекĕн пĕтĕм çӳллĕшĕ 92 метр пулать. Атăл урлă карнă хурçă канатсем тăрăх вагонеткăсем куçса çӳрекен пулассĕ. Çав çул пăрахутсене иртсе çӳреме чăрмантармасть.

Канат карса тунă çула чул, хăйăр тата ытти строительство материалĕсем турттарма тăвассĕ.

## Водохранилище тĕпĕ пулмалли вырăнта

ХУСАН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Куйбышев водохранилищи—ку тарăнччен искусственнăй майпа тунă тинĕссенчен чи пысăкки пулать. Халĕ çав водохранилищĕн чиккисене палăртса çитерес тĕлĕшпе ĕçлессĕ.

Тутар республикин территорийĕнче пулас водохранилищĕн чиккисене сывăх вăхăтрах палăртса пĕтерессĕ. Кунта шыв айне пулакан лаптăксем çинче вăрмансемпе вĕтлĕхсене касма тытăннă. Республикăра 62,3 пин гектар çĕр çинчи вăрмансемпе вĕтлĕхсене касмалла пулать.

Шыв айне пулакан вырăнсенчи вăрмансемпе вĕтлĕхсене 1954 çулта касса пĕтерме палăртнă.

## 250 пин гектар йывăç лартнă

ССР Союзĕн Европа пайĕнчи çеçенхирлĕ тата вăрман-çеçенхирлĕ районĕсенчи колхозсем кăçал çуркунне уй-хире шăрăх çилсенчен хӳтĕлекен вăрман тăрăхĕсем тума 250 пин гектара яхăн йывăç лартнă. Ставропольпе Краснодар крайĕсенчи тата Саратов облаçĕнчи колхозсем йывăç лартмалли çулталăкри плана çуркуннех тултарнă. Çавăн пекех Чкалов, Сталинград тата Рязань облаçĕсем çулталăкри плана тултарнă. Çеçенхирлĕ тата вăрман-çеçенхирлĕ тăрăхăн çурçĕр енчи пайĕнче йывăç лартас ĕç малалла пырать.

Çакăнпа пĕрлех колхозсем нумай питомниксем тунă. Килес çулччен питомниксенче тĕрлĕ йывăççем пĕр миллиард тĕп ытла вăрăран ӳстерессĕ.

Кăçал çуркунне Вăтам Азири республикăсенчи, Казахстанри, Çĕпĕрти çеçенхирлĕ районсенчи колхозсем уй-хире хӳтĕлекен вăрман тăрăхĕсем тума йывăç лартас ĕçе анлă тытăннă.

Çак ĕçе Узбекистанра ăнăçлă туса иртернĕ. Узбекистан йывăç лартмалли çулталăкри плана çуркунне чылай иртерсе тултарнă. Республикăри колхозсем уй-хире хӳтĕлекен вăрман тăрăхĕсем тума 5.800 гектар çине йывăç лартса хăварнă. Вăрман тăрăхĕсене шелковица тата çимĕç йывăççисем те нумай лартнă.

(ТАСС).

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Решенисем йышăнаççĕ, ĕççем улшăнмаççĕ

Кирек-мĕнле ĕçри пекех, суту-илӳре те пысăк ситĕнӳсем тăвасси сынсенчен, кадрсенчен килет. Анчах Куславкка районĕнчи суту-илӳ организацийĕсенче кадрсемпе ĕçлес тĕлĕшпе пысăк ситменлĕхсем пур. Чăвашторг уйрăмĕн директорĕ Д. Чамăйкин юлташ, райпотребсоюз правленийĕн председателĕ В. Абаев юлташ кадрсем суйласа илес тата вĕсене воспитани парас ĕçре большевиклă принципа пăсаççĕ.

Сынсене ĕçе илнĕ чухне, чи малтан, вĕсен пĕлĕвне пултарулăхне, тӳрĕлĕхне ырăлăхне шута илмелле. Чамăйкин юлташăн пачах урăхла пулса тухать. Пĕр-ик тĕслĕх: Иртнĕ çулта вăл чайнăй склачĕн заведующийĕ пулма хăйĕн тусне—Григорьева тĕпĕсемпе илнĕ пулнă. Ун хыççăн пĕр уйăх иртнĕ-иртмен сĕнĕ заведующий хăйĕн кĕсйине 12 пин тенкĕ чикнĕ те тухса шăвăннă.

Тепĕр тĕслĕх. А. Комарова Чăвашторг уйрăмне ĕçе кĕриччен 3 пин тенкĕ растрата тунă пулнă. Чамăйкин çавна пĕлнĕ-пĕлмеç Комаровăна продавщица ĕçлеме илнĕ. Государство укçине саратма хăнăхнă Комарова татах 4 пин тенкĕ растрата тунă.

Халăх пурлăхне саратакансем райпотребсоюз системинче ытларах лекнĕ. Унăн лавккисемпе буфечĕсенче ĕçлекенсенчен пĕлтĕр 20 сын, кăçал 3 сын растрата тунă.

Чăвашторг уйрăмĕпе райпотребсоюз руководителĕсем тата çак учрежденисенчи пуçламăш парторганизацисемпе профсоюз организацийĕсем кадрсене пăхса ӳстерес, воспитани парас тĕлĕшпе начар ĕçлеççĕ. Суту-илӳ кадрĕсем час-часах улшăнаççĕ. Иртнĕ çулта Чăвашторг уйрăмĕ 34 сынна, райпотребсоюз 27 сынна ĕçрен кăларнă. Вĕсенчен чылайăшĕ — пурлăхшăн ответлă сынсем.

Кадрсен пĕтĕмĕшлĕ пĕлĕвне производстволлă квалификацине ситерĕнсĕр. Районти суту-илӳ организацийĕсенче пурĕ 280 сын ĕçлет. Çав шутран: аслă шкулсенчен вĕренсе тухнисем пĕрре те çук, вăтам е суту-илӳ шкулĕсенчен вĕренсе тухнисем те 31 сын кăна. Апла пулин те Чăвашторг уйрăмĕнче тата райпотребсоюзра кадрсен пĕлĕвĕпе квалификацине ӳстерес тĕлĕшпе нимĕнех те тумаççĕ. Продавецсене техминимума пăллатарассине, ытти работниксене суту-илӳ шкулĕсенче заочно вĕрентессине организацилемен.

Суту-илӳ организацийĕсенче кадрсемпе ĕçлесси начар тăни çинчен ВКП(б) райкомĕ пĕлмесĕр юлма пултараймăн. Парти райкомĕн бюровĕнче çак ыйтăва иртнĕ çулхи ноябрь тата кăçалхи март уйăхĕсенче сӳтсе явнă. Бюро йышăннă решенисенче кадрсемпе ĕçлессине лайăхлатма, вĕсене политикăлла вĕренĕвне йĕркелеме тата социализмлă ăмăртăва вăйлатма хушса хăварнă.

Мĕнле пурнăçласа пыраççĕ-ха асăннă организацисем ВКП(б) райкомĕн бюровĕ йышăннă решенисене?

Чăвашторг уйрăмĕнче кадрсемпе ĕçлес еннĕне палăл улшăнусем тунин курăнмасть-ха. Тĕрĕс работникĕсене тăтăшах улăштарса тăрассине çав-çавах пĕтермен. Кăçалхи пĕрремĕш кварталта 7 сынна ĕçрен хăтарнă. Çав вăхăтрах ун кирлĕ выранĕсене сынсем ситмесçĕ. Кадрсен техникăлла вĕренĕвне халичченех йĕркелесе ситермен. Кăçал магазинри ĕççен тĕп правилисене вĕренмелли семинара продавецсем пурте çӳремен. Апатсимĕç таварĕсем сутакан продавецсене техминимума вĕрентме халĕ те тытăнман. Каçхи вăтам шкулта заочно вĕренекенсен хисепĕ ӳсес выранне чакса пырать.

Чăвашторг уйрăмĕнче кадрсен политикăлла вĕренĕвне начар организациленĕ. Пропагандист урăх çĕре куçса кайнă пирки кружокра занятисем тахçантанпах пулмаççĕ. Ун çинчен партбюро секретарĕ М. Парашин юлташ пĕлмест.

Чăвашторг уйрăмĕнчи ертсе пыракан работниксем 12 сын марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренме шутланă. Анчах вĕсем вĕренме мар, ĕç планĕ те туман. Хăш-васине вĕсен вĕренĕвне пăхакан та тĕрĕслемен, пулăшу та паман.

Работникĕсем валли политикăлла темăсемпе тăрăх лекцисемпе докладсем сайралхутра çеç пулкалаççĕ. 1951 çулта виçĕ лекци (тĕнчери лару-тăру çинчен тата хĕрлĕ хĕрес общество çинчен) пулса иртнĕ. Кăçал кунта кадрсене интереслентерекен ыйтусем тăрăх калаçусем пулмасăр астумаççĕ.

Ялсенчи потребитель обществисенче работниксем ĕç дисциплинине çирĕплетес, ответлăхне ӳстерес тĕлĕшпе пĕртте ĕçлемеççĕ. Çавăнпа магазинсемпе буфетсенче растрата тăвасси чакмасть-ха. Кăçал 3 сынна растрата тунăшăн ĕçрен кăларнă. Тĕрлемес ялповĕн председателĕ М. Низамутдинов, хăйĕн интересĕсене мала хурса, работниксене вĕсĕр улăштарать, потребительсен укçине тивĕçсĕр тăкаклать, хăй çумне чикет.

Районти потребитель кооперацийĕнче ĕçлекен 150 çынтан 27 çынна кăна политикăлла вĕренĕве явăçтарнă. Вĕсем те пулин кружоксенче шкулсен занятийĕсене йĕркеллĕ çӳремеççĕ. ВКП(б) историне вĕренмелли кружокра виçĕ эрне ĕнтĕ занятисем пулмаççĕ. Кунти комсомолецсем çамрăксен вĕренĕвĕ çинчен шухăшламаççĕ те çук. ВЛКСМ организацийĕн секретарĕ Н. Баганова юлташ хăй те занятире хăçан пулнине астумасть.

Районти суту-илӳ организацийĕсем тавар çаврăнăш планне ăнăçлă тултарса пулăшакан хăватлă меслетне — социализмлă ăмăртăва кирлĕ пек усă курмаççĕ. Ăмăрту хут çинче кăна палăрать. Договорсем тăрăх Чăвашторгăн Куславккари уйрăмĕ Канашри уйрăмпа, Куславкка райпотребсоюзĕ Вăрмар райпотребсоюзĕпе ăмăртаççĕ. Анчах иртнĕ çулпа кăçал тата кăçалăн пĕрремĕш кварталти договорсен пурнăçа мĕнле кĕнине пĕр хутчен те, районсем те хире-хирĕç тĕрĕслемен. Профсоюзсен выранти комитечĕсем работниксен хушшинчи ăмăрту итогĕсене тумаççĕ.

Суту-илӳ организацийĕсен руководителĕсем иртерекен канашлусенче ситменлĕхсем çинчен сахал калаçаççĕ, критикăпа самокритикăна вăйлатмаççĕ, малта пыракансен опытне сармаççĕ. Чамăйкин юлташ РСФСР Суту-илӳ министерствин Хисеплĕ грамотисене малта пыракан работниксене парас вырăнне шкапра пытарать.

ВКП(б) райкомĕн бюровĕ сӳтсе явнă хыççăн районти суту-илӳ организацийĕсенче тавар çаврăнăш планне тултарасси лайăхланнă тесе калама çук. 1952 çулхи малтанхи кварталта ваккăн тавар сутмалли плана: торг уйрăмĕ 93 процент, райпотребсоюз 82,4 процент çеç тултарнă. Районта çуллахи вăхăтра суту-илӳ тума начар хатĕрленнĕ.

ВКП(б) райкомĕн решенийĕсем çинчен сĕлĕксĕр пурнăçлани мĕнрен килет-ха?

Ĕçре чи кирли вăл—кадрсене суйласа илесси тата решенисем пурнăçа кĕнине тĕрĕслесе тăрасси,—тесе каларса парать Сталин юлташ. Райком бюровĕ суту-илӳ организацийĕсенче кадрсемпе ĕçлесси пирки решенисем йышăннипех лăпланнă, вĕсене пурнăçланине тĕрĕслесе тăман, ку тĕлĕшпе организаторла мерăсем те йышăнман.

Парти райкомĕн юлашки пленумĕ районта суту-илӳ ĕçне лайăхлатасси çинчен йышăннă постановлени пирки те халлĕхе çавнах каламалла. Çав постановлени çинчен пленумра пулнă суту-илӳ работникĕсем кăна пĕлеççĕ. Пленум пулнăранпа 20 кун иртрĕ, анчах унăн решенийĕсене Чăвашторг уйрăмĕнчи тата райпотребсоюзри парторганизацисенче сӳтсе явман. Пурнăçлакансем патне ситермен решени ĕçре улшăну кӳрессине шанма йывăр.

**Т. ИВАНОВ.**
(Хамăр корр.).

---

*Сталин юлташ патне янă çырури обязательствăсене чыслăн пурнăçлатпăр!*

# Тырпулсене тата тымарçимĕçсемпе выльăх апачĕ тумалли культурăсене хăвăртрах акса пĕтерер!

## Тракторисчĕсен ăмăртăвĕ

ВАРМАР. В. Григорьев коммунист ертсе пыракан трактор бригади республикăри механизаторсен социализмлă ăмăртăвне пуçаракансенчен пĕри. Бригадăри тракторчĕсем кăçал машинăсене ăслă ĕçлесе кашни 15 лаша вăйлă трактора 650 гектар сухалана чухлĕ ĕç тума, 10 процентран кая мар горючи перекетлеме, кашни гектар çинче тумалли ĕçĕн хăйне кăракан хакне 10 процент чакарма, хăйсем ĕçлекен «Дружба» колхозра кашни гектартан 150 пăтран кая мар тырă, 120 пăт ытла тĕштырă культурисем туса илме обязательство йышăннă.

Обязательствăна чыслăн пурнăçлас тесе, механизаторсем тракторсемпе вĕсенчен кăкарса ĕçлемелли машинăсене лайăх юсанă. Уй-хир ĕçĕсем пуçланиччен тракторсем чăрăнĕ хатĕр пулнă.

Тракторисчĕсем малтанхи кунсенчен пуçласах, ака-суха ĕçĕнчи заданисене иртерсе тултарса пыраççĕ. Т. Никитин тракторист, Н. Кузнецов тракторист «ДТ-54» трактора талăкра 22-шер сехет ĕçлеттереççĕ. Ĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе вăхăтрах, ĕçе лайăх пахалăхпа тăваççĕ.

— Вĕсем ĕçлекен участоксене пурне те лайăх хак пара йышăнтăмăр, — тет «Дружба» колхоз агрономĕ Г. Иванов юлташ.

Асăннă тракторисчĕсем çуракинче тумалли ĕççен заданийĕ 8 кунта тултарчĕç.

Парти кандидачĕ П. Александровăпа М. Григорьев комсомолец СХТЗ-НАТИ тракторпа тырă акреç. Вĕсем виçĕ сеялкăна, сӳресем кăкарса ĕçлерĕç. Çак меслетпе ĕçлени ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерме, тăпрара нӳрĕ ытларах сыхласа хăварма май пачĕ. П. Александровăпа М. Григорьев юлташсем сĕрле те пысăк ĕç тухăçлăхĕ кăтартрĕç. Вĕсем 45 гектар вырăнне сменăра 55—60 гектар акса пычĕç, талăкра 10—12-шер килограмм горючи перекетлесе хăварчĕç.

Вĕсен примерĕпе хавхаланса, Г. Порфирьевпа Ф. Матвеев трактористсем те çине тăрса ĕçлерĕç.

Ĕçри ăнăçлăх трактор бригади уй-хир бригадисемпе тачă çыхăну тытса ĕçлениипчен килет. «Дружба» колхоз тырă акнă чухне тракторсем валли горючи, шыв вăхăтра турттарса пачĕ. Горючи турттарма колхозра тӳрĕ кăмăллă ĕçлекен Я. Федотовпа М. Иванов колхозниксене уйăрнă. А. Сергеевпа Р. Павлова колхозниксем кунĕн-çĕрĕн вăрлăх, С. Александров юлташ шыв турттарчĕç. Трактор бригади те, колхоз та договорта кăтартнă условисене тĕплĕн пурнăçласа пычĕç.

Уй-хир бригадисемпе трактор бригади тачă çыхăнса ĕçленине пула, колхозниксемпе механизаторсем пысăк çĕнтерӳ турĕç. Ялхуçалăх артелĕ çуртрисене акса пĕтерчĕ. Трактор бригади кĕрхи çĕртмене культиваци туса 500 гектар акса пачĕ, вăл шутран 400 гектар хĕреслĕ майпа акнă. Пĕтĕмĕшпе илсен, трактор бригади çураки вăхăтĕнче колхозра 600 гектар сухалана чухлĕ ĕç турĕ, çураки планне 113 процент тултарчĕ. Бригада халĕ кӳршĕри «Победа» колхозра ĕçлет. Пĕр тракторпа «Дружба» колхозра ырхи çĕртме тăваççĕ.

Трактористсем канăш вăхăтра агитаторсен хаçат-журналсене вуласа параççĕ, кулленхи ĕç итогĕсене тăрăх калаçусем иртереççĕ.

Бухгалтера кăтарту хăми пур, унта кашни тракторист куллен мĕн чухлĕ ĕç тунине курма пулать. Пилĕк кунта пĕрре боевой листок кăлараççĕ.

Бригадă ăмăртура мала тухрĕ. МТС дирекцийĕпе парторганизаци куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялава ăна хутчен илме тивĕç пулчĕ.

— Ку ялав—пирĕншĕн пысăк чыс. Вăл механизаторсене тата лайăхрах ĕçлеме хавхалантарать,— тет В. Григорьев юлташ.

**И. ВОЛКОВ,**
(Хамăр корр.).

* * *

СОВЕТСКИ. Вăйлă тырпул туса илессишĕн пыракан социализмлă ăмăртăва хутшăнса, МТС коллективĕ пысăк обязательствăсем илнĕ. Кăçал МТС-ăн 26,000 гектар сухалана чухлĕ ĕç тумалла.

Механизаторсем плана иртерсе тултарассишĕн, ялхуçалăхне пур енĕпе те ăталантарса пырассишĕн социализмлă ăмăртăва вăйлатсах пыраççĕ. Ăмăртура Г. Михайлов юлташ ертсе пыракан бригада малта пырать. Вăл Киров ячĕпе тăракан колхоза пысăк ĕçсем туса пачĕ. Уйăрнă колхозниксем тракторсем валли горючи, сĕрмелли апаласем тата шыв вăхăтра илсе килсе тăраççĕ.

Механизаторсем ĕç нормисене иртерсе тултарассишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ. Вĕсем икĕ сменăпа, сехет графикĕпе ĕçлеççĕ. Акă, А. Петров тракторист, «СТ-54» тракторпа сухаласа, сменăри нормăна 150 процент таран тултарса пычĕ. М. Шаров тракторист те унран кая юлмарĕ.

Трактор бригади Киров ячĕпе тăракан колхозра çураки вăхăтĕнче тумалли ĕçсен планне пилĕк кун хушшинчех тултарчĕ; 500 гектар сухалана чухлĕ ĕç турĕ. Кун хыççăн трактористсем «Восход» колхоза пулăшма кайрĕç.

Ăмăртура П. Петухов юлташ ертсе пыракан трактор бригадинчи Н. Петровна С. Николаев трактористсем, Н. Митрофанова В. Федоров прицепщиксем пысăк çитĕнӳ турĕç. Вĕсем Ильич ячĕпе тăракан колхозра виçĕ талăк хушшинче 209 гектар культиваци туса тата сӳрелесе пычĕç, задание срокчен пурнăçларĕç.

Механизаторсем хушшинче политикăлла-массăллă ĕçе аван организациленĕ. Социализмлă ăмăрту итогĕсене «Механизатор» стена хаçачĕ, бригадăсенчи боевой листоксем, кăтарту хăмисем çинче куллен сутатса пыраççĕ.

**В. МИХАЙЛОВ,**
Киров ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци секретарĕ.

---

## Суданка ытларах акса тăвар

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатса пыма колхозсен выльăх апачĕ ытларах хатĕрлеме тăрăшас пулать. Тымарçимĕç, силос хывмалли культурăсем, пĕр çул ӳсекен курăксем акмалли плана кашни колхозăн пĕтĕмĕшпех тултарассишĕн кĕрешмелле.

Выльăхсенчен илекен тухăçлăха ӳстерме вĕсене çулла курăк çулса çитермелле тăвас пулать. Çу каçа (150 кун шутласа) выльăхсене курăк çакăн чухлĕ кирлĕ: пĕр сăвакан ĕнене тата вăкăра 360 пăт, çурланă сысна амине 240 пăт, пĕр сурăх валли 60 пăт, пушмак пăрупа лаша валли 240 пăт.

Выльăхсене тăрантарма фермăсем çывăхĕнче ятарласа курăк çитĕнтермелле. Курăксенчен уйрăмах суданка пысăк тухăçлă пулать. Ăна пĕлтĕр тăхăр районта акса тугă. Халĕ ĕнтĕ унăн вăрлăхĕ пĕтĕм республикипех сарăлнă.

Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхозра иртнĕ çулта суданка курăкне тăватă гектар акнă пулнă, çавăпа ăна виçĕ хутчен çулса илнĕ. Пĕрремĕш хутĕнче кашни гектартан 768 пăт, иккĕмĕш хутĕнче 516 пăт, виççĕмĕш хутĕнче 1.044 пăт курăк тухнă. Çапла вара, выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада кашни гектартан 2.328 пăт симĕс курăк çулса илнĕ. Çакă вăл сăвакан ултă ĕнене е 38 сурăха, е çурланă 9 сыснана, е тăхăр лашана çу каçа çитерме çитет.

Суданка курăкĕ çулнă хыççăнах каю кăларса вăйлăн калчаланса çитĕнет. Вăл шăрăх çанталăкра та ӳсме пултарать. Унăн тутăлăхне хăпартас тесен, ăна викăпа хутăш аксан аван. Суданка курăкĕ выльăхсене симĕсле çитерме те, силос хывма та, утă тума та лайăх.

Суданка акса тăвасси пирĕн колхозсемшĕн халлĕхе çĕнĕ ĕç-ха, çавăнпа та унăн агротехникине пĕлни уйрăмах кирлĕ. Ку курăка пусă çаврăнăшĕнче кĕрхи тырăсем акмалли çĕртме умĕнхи уйра акса çитĕнтереççĕ, çавăн пекех ферма çумĕнчи участоксенче те акса тăваççĕ. Нумай колхозсенче шыв хĕрринчи участоксене çуркунне хăйăр е юшкăн ларса юлать, вĕсем час-часах усăсăр выртаççĕ. Çавнашкал участоксене те тракторпа сухаласа, дисклă сӳресемпе сӳрелесе суданка курăкĕ акмалла.

Суданка акмалли пусса кĕркунне гектар пуçне 40 тонна тислĕк тăкса сухаласан лайăхрах. Унашкал хатĕрленĕ участок çук пулсан, ăна çуркунне сухаласа хатĕрлемелле, сухаличчен кашни гектар çине 20 тонна та пулин лайăх тислĕк кăлармалла.

Маларах асăннă «Гвардеец» колхозра тислĕк тăкса çемçетнипе пĕрлех, çуркунне кашни гектар çине икĕ центнер суперфосфат, икĕ центнер хлорлă кали, 1,5 центнер аммони сульфачĕ сапса тухаççĕ.

Çумкурăк вăррисем шăтнине кура, акмалла пуличчен пусса ик-виçĕ хут культиваци тăвас пулать. Культиваци тунă хыççăн кашниччех сӳрелемелле.

Вутпуççине пĕтерме акас умĕн суданка вăрлăхне гранозанпа имсамлалас. Кашни центнер вăрлăх валли 100—150 грамм гранозан кирлĕ. Çитĕннĕ чухне тапăнакан хурт-кăпшанкăсене пĕтерме пĕр центнер суданка вăрлăхне пĕр килограмм гексохлоранăн вунпиккĕ процентлă дусчĕпе хутăштарса пăтратмалла.

Суданкăна çĕр ăшăнса çитмесĕр акмалла мар. 1951 çулта Красноармейски районĕнчи «Партизан» колхозра Ефимов агроном сăнаса пăхас тĕлĕшпе суданкăна тулă акнă вăхăтра акса хăварнă. Курăк вара пачах та шăтман, унăн вăрри сивĕпе пĕтнĕ. Суданка акнă чухне тăпран 10 сантиметр тарăнăшĕнче 10—12 градус ăшă (Цельсипе) пулмалла. Акасса тырă акмалли сеялкăсемпе те акма юрать. Курăка çулса çитерме тата унтан силос тума кашни гектар çине 20—22 килограмм вăрлăх кĕртмелле, вăрлăха хĕреслĕ майпа акмалла. Вăрлăхлăх акакан участокри кашни гектар пуçне 10 килограмм вăрлăх кирлĕ. Кун пек чухне суданкăна сарлака ретсем хăварса акаççĕ, ретсем хушши 45 сантиметр пулмалла. Вăрлăх участокĕ çине акакан вăрлăха яровизацилемелле. Кашни çĕр килограмм вăрлăха 26 литр шыв сапса нӳрлентермелле. Ун хыççăн ăна тĕттĕм çĕрте 8 кун хушши 25 градус ăшăра тытмалла, вăхăтран вăхăта пăтратса тăмалла.

Суданка вăрлăхне нӳрĕ тăпра çине виçĕ-тăватă сантиметр, типĕрех çĕрте тăватă-улттă сантиметр тарăнăшне акаççĕ.

Типсе кайнă участока акас умĕн катокпа пусăрăнтарса тухмалла тата сӳрелемелле.

Суданкăна викăпа пĕрле аксан аван, терĕмĕр. Çавăн пек акнă чухне пĕр гектар валли вика 50—60 килограмм, суданка вăрлăхĕ 10 килограмм кирлĕ. Викăна пĕр майлă, суданкăна ăна урлă акса хăвармалла.

Колхозсенче çакна асра тытас пулать: суданкăна июнĕн 8—10-мĕшĕсенчен кая юлмасăр акмалла.

Выльăхсене суданкăна пуç кăлариччен çулса пама тытăнмалла. Çулнă хыççăн хăвăртрах каю çитĕнтĕр тесен, 7—8 сантиметр тăршшĕ хăмăл хăвармалла, участока тислĕк шĕвекĕ сапса тухмалла. Силос тăвас пулсан, суданкăна пуç кăларма тытăннă вăхăтра çулаççĕ. Вăрлăхлăх участокра суданка 20—25 сантиметр вăрăмĕш çитĕнсен, ретсем хушшине культиваторпа 5—7 сантиметр тарăнăш кăпкалатса тухмалла. Çумкурăксене ӳсме памалла мар. Вăрлăхлăх суданкăна, тунасем шуралса хытма пуçласан, комбайнпа вырса илмелле. Вырса çапнă вăрлăха çийĕнчех лайăх тасатса, типĕтсе михĕсене тултарса склада хывмалла. Вăрăра нӳрĕ 15 процентран мала пулмалла мар.

**Агроном А. МИХАЙЛОВ.**

---

## Сад ĕçĕ вăйланать

КӲКЕÇ. «Чăваш Коммуни» колхоз садĕнче 500 тĕп ытла çамрăк улмуççи, 600 тĕп ытла чие, 1.200 тĕп хăмла çырли çитĕнет. Кăçал улмуççисем хушшине татах 500 тĕп чие йывăççи лартрĕç.

Сад ăсти А. Егоров юлташ çамрăк улмуççисене сыпрĕ. Улмуççисем тавра тислĕк хывнă, хăрăк туратсене иртсе тухнă.

Колхоз кăçал садран чылай тупăш илме палăртнă.

**Н. ВАСИЛЬЕВ.**

---

# Вĕренӳ çулĕ вĕçленес умĕн

Эпĕ ертсе пыракан кружокра 12 комсомолец тата союзра тăман икĕ çамрăк вĕренеççĕ. Çамрăксем парти историне тăрăшса вĕренни вĕсен политикăллă тата производствăллă активлăхне ӳстерме пулăшрĕ.

Кăçалхи программăна кружок ăнăçлă пурнăçлать. Халĕ эпир юлашки темăна вĕренетпĕр. Итоглă занятисем пуличчен мĕн вĕреннине тепĕр хут аса илме юлташла калаçусем тата консультацисем иртеретпĕр.

Кружока çӳрекен хăшпĕр юлташсем, кăйсенчен килмен сăлтавсене пула, занятисенче пуринче те пулаймарĕç. Çав юлташсемпе халĕ эпĕ уйрăммăн ĕçлетĕп, программăри материала тарăнрах ăнланса илме пулăшатăп. Вĕсем те итоглă занятисене тĕплĕн хатĕрленсе пыраççĕ.

Пропагандист ĕçĕ çăмăл мар, вăл ответлă та пысăк ĕç. Занятисем лайăх иртесси, вĕренӳ пахалăхĕ пысăк пулассиропагандистран килет. Унăн, вĕренекенсем программăри материала тарăнрах ăнланса илччĕр тесе, уйрăмах хытă тăрăшмалла. Кунпа пĕрлех вĕренекенсене кĕнекепе харпăр хăй тĕллĕн ĕçлеме, вулани çинчен кĕске конспектсем çырса, унпа усă курма хăнăхтармалла, теорилле тĕп ыйтусене пурнăçран илнĕ тĕслĕхсемпе, фактсемпе çыхăнтарса ăнлантарса пама вĕрентмелле.

Çавăн пек тăвас тесе, эпир юлташла калаçусем иртерес ĕç çине уйрăмах тимлĕ пăхатпăр. Çав калаçусем пирĕн занятисенче активлă иртеççĕ. Эпĕ вĕренекенсем умне темăн тĕп ыйтăвĕсене лартатăп. Хăш чухне хăшпĕр юлташсем ыйтăва ответлеме мĕнрен пуçламаллине чухласа илеймеççĕ. Ун пек чухне эпĕ пĕчĕкрех ыйтусене аса илтерсе, тĕп ыйту патне илсе пыратăп. Майĕпен вĕренекен хăй вĕреннĕ материала аса илет, лартнă ыйтăва тĕплĕн тата тарăнăн çутатса парать. Пĕри ыйтăва çителĕксĕртерех çутатса парсан, тепри хушса калать. Çапла вара эпир иртерекен занятисене вĕренекенсем пурте, уйрăмах Никитина, Королев, Иванова, Белова, Алексеева, Жилина, Наумова юлташсем активлă хутшăнаççĕ.

Кружок ĕçне ертсе пыма тата унăн ĕçне лайăхлатма ВКП(б) хула комитечĕ иртерекен семинарсем те пысăк пулăшу параççĕ. Унсăр пуçне эпĕ парткабинетра пулакан лекцисене, консультацисене тата юлташла калаçусене те тăтăшах çӳретĕп.

Программăри материала вĕреннипе пĕрлех, итоглă занятисем иртерме хатĕрленме тытăнтăмăр. Хăшпĕр юлташсем пĕрпĕр темăна лайăх пĕлеççĕ, уйрăм ыйтусене тарăнăн пĕлеймеççĕ. Çав юлташсене эпĕ уйрăммăн консультаци паратăп.

Пирĕн кружокра итоглă занятисем июнь уйăхĕнче пулаççĕ. Пуçламăш парторганизаци пулăшнипе, эпир çак вĕренӳ çулне ăнăçлă пĕтересси тата кăçал мĕн вĕреннине лайăх çирĕплетсе хăварасса шанса тăратпăр.

**Е. МАЩНОВА,**
Канашри сыхăну кантурĕнчи кружок руководителĕ.

---

# Тăван çĕршыв хушнă пек

Петр Николаевич Порфирьев вунă çул ытла фермăсен заведующийĕ пулса ĕçлет. 1950 çулта икĕ пĕчĕк артеле пĕрлештернипе пысăкланнă колхозри фермăсене ертсе пыма ăста организатор кирли пуриншĕн те паллă пулнă. Умра пысăк йывăрлăхсем тăнă. Ĕçри нумай опытпа пуянланнă коммуниста каллех пысăк ĕç шанса панă. Ĕçе юратакан Петр Николаевич йывăрлăхсене çĕнтерме майсем тупса пынă. Фермăсенче ĕçлеме выльăх-чĕрлĕхе юратакан ĕçчен çынсене уйăрса лартнă. Выльăх-чĕрлĕх ĕçĕнчи кадрсене улăштарса тăрас йăлана пĕтернĕ. Порфирьев юлташ сĕннипе А. Немцев коммунист ертсе пыракан строительство бригади кĕске вăхăт хушшинчех 200 пуç сурăх вырнаçмалăх ăшă вите, типовой кайăк-кĕшĕк çурчĕ туса лартнă. Çав хушăрах икĕ ĕне витине пĕр çĕре пĕрлештернĕ. Çитес ик-виçĕ çул хушшинче кунта торфпа ĕçлекен электростанци ĕçе кĕмелле, выльăх-чĕрлĕх витисене кирпĕчрен çĕнĕрен туса лартмалла. Çак плана пурнăçлама кашни колхозник тăрăшать.

— Нумаях та вăхăт иртмĕ, эпир те фермăри йывăр ĕçсене механизацилĕпĕр,— теççĕ кунта.

СССР Министрĕсен Совечĕпе ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ колхозсемпе совхозсенче обществăллă продуктивлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли виçĕ çуллăх план йышăннăранпа виçĕ çул тултарнине колхоз ĕçри ӳсĕмсемпе кĕтсе илчĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана иртерсе тултарнăшăн колхоза республикăри Хисеп хăми çине кĕртнĕ.

Кунта халĕ пилĕк ферма шутланать. Фермăсенчи выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк йышĕ 1953 çулхи минимумран иртет: сыснасем—266, сумалли ĕнесем—60, сурăхсем—308, кайăк-кĕшĕк—1.871.

Выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш çулсеренех ӳсе пырать. Пĕлтĕр выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутса кăна 57.144 тенкĕ тупăш илнĕ. Унччĕнхи çулхипе танлаштарсан, ку тупăш 1,5 хут ытларах пулать. Кăçал выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăша 100 пин тенкĕрен иртерме пăхнă.

Дояркăсем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарнипе фермăра пысăк çитĕнӳсемех тунă. Вĕсем пĕлтĕр кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.202 литр сĕт суса илнĕ. Уйрăмах районти колхозсенче Е. Москалевăн ĕçĕ çинчен нумай асăнаççĕ. Вăл район Совечĕн депутачĕ. Иртнĕ çул кашни ĕнерен 1.600 литр, «Вовторка» ĕнерен 1.803 литр сĕт суса илме пултарнă.

Ытти дояркăсем унтан пример илсе ĕçлеççĕ. Сăмахран, Э. Титилькина юлташ уйрăм ĕнесенчен 1.700-шер литр ытла, С. Андриянова—«Доска» ĕнерен 1.620 литр сĕт суса илнĕ. Заданине иртерсе тултарнăшăн хушса тӳленĕ. Фермăсен заведующийне П. Порфирьев юлташа ултă уйăхри пăру панă.

— Выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тупăш илесси ытларах апатран килет. Çав вăхăтрах выльăхсене пăхассине те манăса хăвармалла мар, — тет П. Порфирьев юлташ.

Фермăсенчи ĕçе пĕрмаях тĕрĕслесе тăни выльăх апатне перекетлеме, вăхăтра çитерсе шăварма, тислĕке тасатса тăма май парать. Выльăх апачĕ мĕн чухлĕ пуррине шута илнĕ хыççăн кашни уйăхра, эрнере тата кашни кун мĕн чухлĕ апат расходламаллине кăтартса план тунă. План тунă чухне выльăхсен чĕрĕ виçине, вĕсем мĕнле апата ытларах юратса çиннине, ĕнесем мĕн чухлĕ сĕт пама пултарнине шута илнĕ.

Выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе кунта уйрăм бригада ĕçлет. Вăл пĕлтĕр 188 тонна силос хывса хăварнă, 7,6 гектар çинчен пысăк тухăçлă кăшман пухса илнĕ. Улăхра çарăна тислĕк шĕвекĕ тата минераллă удобренисем сапса апат панă. Çавна пула кашни гектартан 40 центнер лайăх утă пухса илнĕ. Утă пахалăхне кура ăна виçĕ пая уйăрнă. Чи вăтăнне путексемпе пăрусене, вăтаммине — сурăхсене, шуатрине—ĕнесемпе лашасене çитереççĕ.

Елена Москалева сĕннĕ тăрăх хĕллехи вăхăтра ĕнесене икĕ сменăпа пăхмалла тунă: кăнтăрла — дояркăсем, каçхине — скотницăсем пăхаççĕ. Çапла пăхнине пула сĕт тухăçлăхĕ те самаях ӳснĕ. Халĕ кашни доярка ĕнерен вăтам шутпа талăкра 8—10 литр сĕт суса илет.

Выльăх-чĕрлĕхе тăрантарас умĕн апата лайăх хатĕрлеме тăрăшаççĕ. Вар-хырăм ан пăсăлтăр тесе, улăма соломорезкăпа е силосорезкăпа ĕнесем валли 4—5 сантиметр тăршшĕ тураççĕ. Туранă улăма вĕретнĕ шывпа çемçетеççĕ, тăварлă шывпа шӳтереççĕ те сăсăл е сĕтеклĕ апат сапса параççĕ. Апат пама кашни ĕне валли кормушка пур.

Ĕнесене рационпа тăрантараççĕ. Витаминлă апатсем ытларах пани сĕт тухăçлăхне ӳстерет. Халĕ ĕнесене силоспа кăшман ытларах çитереççĕ.

Выльăхсене çуллахи вăхăтра мĕнле пăхмаллине халех график туса хунă. Çав график тăрăх выльăхсем çӳремелли пĕтĕм çĕр лаптăкне тăватă пая уйăрнă. Ку лаптăксенче мĕнле черетлентерсе çитермеллине кăтартнă. Иртнĕ çул та ĕнесене çавăн пек пăхнă. Çаран çине вырăнăн-вырăнăн тăрах шывĕ сапса тухнă. Шăвармалли вырăнсене хатĕрленĕ.

Выльăх-чĕрлĕх пăхакан кадрсен пĕлĕвĕ ӳсе пырать. Колхозра малта пыракансен опытне сарма тăрăшаççĕ. Акă, иртнĕ çулта Е. Москалева доярка икĕ хутчен хăйĕн опычĕ çинчен колхозниксем хушшинче калаçу иртернĕ. Унăн кĕçĕн-че пĕчĕк библиотека пур. Колхоз правленийĕ ĕçре кирлĕ кĕнекесемпе пуçне илемлĕ литература кĕнекисем те илсе панă.

Ытти фермăсенче те çултан-çул ӳсес пыракан работниксем сахал мар. Сыснасем пăхакан Е. Рыбакова юлташ кашни çурлах вăтам шутпа кашни амаран 16—18 çура пăхса илет. Çамрăк выльăхсене колхозра икĕ шăрçине сыхланă пек сыхлаççĕ.

— Сыснасене пĕр тĕслĕ апат çитерни сиенлĕ. Ун чух вĕсем хăйсен çурисене те çиме тытăнаççĕ. Белоклă апат ытларах çитерсен тин çав инкекрен сăлăнма пулать. Белок тени тырăра, пăрçара, клеверпа викăра нумай,— тет Рыбакова юлташ.— Çулла эпир Сăр шывĕ çинчен рак пухса пĕçеретпĕр. Унăн шывĕ те питĕ сиплĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕçĕнчи çитĕнӳ кадрсемпе тăтăш ĕçлениччен килет. Кунта фермăсенче тăватă-пилĕк çултан сахал ĕçлекенсем çук та.

Кӳршĕри Молотов ячĕпе тата Берия ячĕпе тăракан колхозсенчен час-часах кунта хăнасем килсе каяççĕ. Вĕсем ĕçре палăрнă çынсемпе калаçаççĕ, вĕсенчен вĕренсе пыраççĕ. Берия ячĕпе тăракан колхозри А. Белова скотница сыснасене тĕрĕс-тĕкĕл пăхма вĕренсе çитнĕ. Молотов ячĕпе тăракан колхозри Е. Козлова доярка пĕлтĕр хăй пăхакан кашни ĕнерен 1.143 литр сĕт суса илнĕ.

Фермăсенче агитаторсем кулленех ĕçлеççĕ. Колхозри парторганизаци секретарĕ Н. Герасимов юлташ фермăсенчи работницăсен ыйтăвĕсемпе сĕнĕвĕсене аланах тивĕçтерсе пырать. Иртнĕ çулта ферма ĕçĕсем çинчен парти пухăвĕнче пилĕк хутчен сӳтсе явнă. Йышăннă решенисене пурнăçа кĕртнине тĕрĕслесе тăнă.

Ферма работникĕсем пурăнакан çуртра каççерен хор кружокĕ пухăнать. Колхозри маттурсем Ленинпа Сталин тата мирлĕ пурнăç çинчен хывнă юрăсене юратса юрлаççĕ. Кружока З. Титилькина юлташ ертсе пырать. Кăçал вĕсем районти ăмăртăва хутшăнма ĕмĕтленеççĕ. Уйрăмах «Пире Сталин ырлăх пачĕ» юрă лайăх янăрать.

«Пире Сталин ырлăх пачĕ,
Пархатар — умран кăна,
Эй, çĕклен, колхоз хăвачĕ,
Чыс, мухтав, çулпуç, сана...»

Хастарлă çамрăксем Тăван çĕршыв хушнă пек ĕçлеме тăрăшаççĕ.

**Н. ПАХОМОВ.**
Хĕрлĕ Чутай районĕ,
Маленков ячĕпе тăракан колхоз.

## СОВЕТ СТРОИТЕЛЬСТВИ

# Райсовет исполкомĕ тата депутатсем

Пирĕн депутатсем—халăх суйланă çынсем социализмлă Тăван çĕршывăн вăйхăватне ÿстерессишĕн, суйлавçăсен наказĕсене чыслă пурнăçлассишĕн çине тăрса ĕçлеççĕ.

Ĕççынни депутачĕсен Çĕмĕрле район Советĕнче 42 депутат. Вĕсем хушшинче ялхуçалăхĕнче малта пыракансем, промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен паллă стахановецсем, совет интеллигенцийĕн чи лайăх представителĕсем.

Райсовет исполкомĕ депутатсене хăйсен ĕçĕсене тивĕçлипе йĕркелеме куллен пулăшать, ялхуçалăхĕнче, промышленноçра малта пыракансен опычĕпе паллаштарать.

Депутатсем—яланхи комисси членĕсем район Совет сессийĕсенче тăтăшах содокладсем тăваççĕ, решени проектне хатĕрлеме пулăшаççĕ. Сăмахран, сессире ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентмелли закона мĕнле пурнăçлани çинчен сÿтсе явмалла пулнă. Сесси пулаччен çутĕç енĕпе ĕçлекен яланхи комисси председателĕ И. Павлова депутат комиссин ытти членĕсемпе пĕрле нумай шкулсен ĕçĕсене тĕрĕслесе тухрĕç, унтан вара Павлова юлташ сессире содоклад турĕ, ку ыйтупа паха сĕнÿсем пачĕ.

Иртнĕ çулта пулса иртнĕ пур сессисенче те яланхи комиссисем содокладсем турĕ. Комиссисен ĕçне депутатсем кăна мар, совет активĕ те куллен хутшăнать. Çакă вăл ĕçсем вырăнта мĕнле пулса пынине лайăх пĕлсе тăма май парать, тивĕçлĕ решенисем йышăнма пулăшать.

Юлашки çулсенче район Совет депутачĕсен организаторла ролĕ чылай ÿсрĕ, вĕсем предприятисемпе учреждениcенче тата колхозсенче хăйсен ĕçри хастарлăхĕпе тата пуçаруллăхĕпе ĕççыннисене пысăк ÿсĕмсем тума хавхалантараççĕ. Сăмахран, В. Морозовпа П. Кротиков депутатсем Свердлов ячĕпе тăракан колхозра сад пахчи, Улхаш шывĕ çинче гидроэлектростанци тума колхоз правленийĕ умĕнче ыйту лартнă. Халĕ колхозра 1,5 гектар çинче сад пахчи тунă, электростанци тума тытăннă. Г. Лабазин депутат Мисчĕ ял Советне çичĕ çул вĕренмелли шкул суртне тĕпрен юсассине йĕркелеме пулăшнă. Мисчĕ разъездĕнче суту-илÿ ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе те Лабазин юлташ пысăк пулăшу панă. Н. Яробейкин депутат та пуçаруллă ĕçлет. Суйлавçăсем ăна хисеплеççĕ, юратаççĕ. Яробейкин депутат Çĕмĕрле хулинчи çичĕ çул вĕренмелли шкул çуртне тăвас тĕлĕшпе нумай ĕçленĕ. Район Совечĕн депутачĕсем С. Носков, В. Савельева юлташсем пуçарнипе хулари благоустройство ĕçне общественноçа анлă хутшăнтарнă. Вĕсем пуçарнипех хулари суту-илĕве лайăхлатма хула Совечĕн сессийĕсенче тата исполком ларăвĕсенче ыйтусем сÿтсе явнă. Çапла вара, хулари суту-илÿ хальхи вăхăтра чылай лайăхланнă. Райсовет депутачĕ Л. Павлов юлташ Вăрманкас ял Советĕнчи колхозниксемпе колхозницăсен ĕç дисциплинине, колхоз хуçалăхне çирĕплетме чылай пулăшу парать. Кунта ялхуçалăх артель Уставне пăснисем сахалланчĕç, колхоз государство умĕнчи обязательствăсене ытти çулхисенчен лайăхрах пурнăçласа пырать. Депутат пуçарнипех Калинин ячĕпе тăракан колхозра çамрăк пăрусем валли, лашасемпе сыснасем валли витесем тунă. Л. Павлов юлташ колхозра сад пахчи тума кирлĕ строительство материалĕсем тупас тĕлĕшпе лайăх сĕнÿсем панă. Халĕ колхозра виçĕ гектар çинче сад пахчи тунă.

Райсовет исполкомĕпе тачă çыхăну тытнă май, депутатсен ĕçри активлăхĕпе пултарулăхĕ ÿссе пырать. Депутатсем хăйсен суйлавçисемпе тăтăшах тĕл пулаççĕ, вĕсене отчетсем туса параççĕ, суйлавçăсен наказĕсене пурнăçлассишĕн куллен тăрăшаççĕ. Райсовет исполкомĕ депутатсен организаторла рольне ÿстерес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса иртерет. Çакă вăл исполком ĕçне тата лайăхлатма пулăшать.

**М. РОДИОНОВ.**

# Укçа-тенкĕ пухмалли плана тултарассишĕн

**(Мурнаш районĕнчи Йÿçкасси ял Совет председателĕ А. Димитриев юлташ каласа пани)**

Пирĕн ял Совечĕ финанс планне çулсерен ăнăçлă тултарса пырать. Эпир иртнĕ çулта укçа-тенкĕ пухмалли плана 110 процент тултартăмăр. Çавна май ял бюджетне те 109,3 процент пурнăçларăмăр. Çакă вăл колхозлă ялта культурăпа благоустройство тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса иртерме май пачĕ. Ялти вăтам шкул тата больница çуртĕсене юсама укçа-тенкĕ çителĕклĕ уйăрнă. Çавăн пекех самообложени укçипе кĕпер, сакăр çăл турăмăр. Çак ĕçсене тума кăна ял Совечĕ хăйĕн бюджетĕнчен 20 пин тенкĕ яхăн укçа уйăрнă. Кунпа пĕрлех ял Совечĕ вулав çурчĕн ĕçне лайăхлатма чылай укçа-тенкĕ парса тăрать.

Укçа-тенкĕ пухас ĕçе ял Совечĕ кăçал та ăнăçлă туса пырать. Пĕрремĕш квартал планне 153 процент тултарнă. Ял Совечĕ финанс ĕçĕнче мала тухнăшăн райсовет исполкомĕпе парти райкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулчĕ. Çак пысăк хисеп пире ĕçре тата ыттарах хавхалантарать. Май уйăхĕ тĕлне иккĕмĕш квартал планне 40 процент тултарма обязательство илнĕ пулсан, эпир ăна 76 процент тултартăмăр.

Финанс ĕçне эпир мĕнле йĕркелесе пыратпăр-ха? Пурнишĕн те паллă ĕнтĕ, организациллĕ тата массăллă-политикăллă ĕçе кирлĕ пек йĕркелемесен, нимĕнле ĕçе те ăнăçлă туса пыма май çук. Çакна ял Совечĕ яланах асра тытса ĕçлет. Укçа-тенкĕ пухас ĕç мĕнле пулса пыни, бюджета пурнăçлани çинчен кашни квартал вĕçĕнчех ял Совечĕн сессийĕнче сÿтсе яватпăр. Ĕçсем ерипен, начартарах пырсан, çак ыйтăва квартал вĕçленессе кĕтмесĕр сессире е исполком ларăвĕнче пăхса тухса, кирлĕ мерăсем йышăнатпăр. Укçа-тенкĕ пухас тĕлĕшпе организациллĕ массăллă ĕçе туса пыма ял Советне бюджетпа финанс енĕпе ĕçлекен яланхи комисси активлă пулăшать. Комисси председателĕ вăтам шкул директорĕ Г. Александров депутат халăх шанăçне тÿрре кăларассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлет. Комисси членĕсем укçа-тенкĕ пухас ĕçле куллен интересленеççĕ. Ситменлĕхсем палăрсан, вĕсене комиссире пăхса тухаççĕ, хăйсен шухăшĕсене ял Советне сÿтсе явма сĕнÿ параççĕ. Комисси финанс ĕçĕнчи лайăх опытсене сарас тĕлĕшпе те аван пуçарусем тăвать.

Кашни квартал вĕçĕнчех укçа-тенкĕ пухассипе бюджета пурнăçласси мĕнле пулса пыни çинчен ял Совечĕ хăйĕн сессийĕнче сÿтсе явса решенисем йышăнать, терĕмĕр. Калас пулать, эпир нихçан та решенисем йышăннипе çеç лăпланмастпăр. Çак решенисене депутатсем ĕççыннисене тăтăшах ăнлантарса параççĕ. Ку тĕлĕшпе Д. Алексеев, Л. Васильев, Г. Александров депутатсем уйрăмах пултаруллă ĕçлеççĕ.

Пирĕн ял Совет депутачĕсем пурте тенĕ пекех колхозри тата ялсенчи ответлă вырăнсенче ĕçлеççĕ. Вĕсем хăйсен ĕçĕсене ăнăçлă туса пынипе пĕрлех, укçа-тенкĕ пухас ĕçе те манса хăвармаççĕ. Сăмахран, «Знамя коммунизма» колхоз председателĕ С. Архипов депутат колхозăн государство умĕнчи обязательствисене пурнăçлассишĕн çине тăрса ĕçлет. Колхоз бригадирĕ Д. Васильев депутат хăйĕн бригадинчи колхозниксем парăмсене мĕнле тÿленине тĕрĕслесе тăрать, тÿлевсене вăхăтра парса татма кирли çинчен колхоз членĕсемпе калаçусем иртерет. «Знамя коммунизма» колхозри партбюро секретарĕ Д. Алексеев депутат укçа-тенкĕ пухас ĕç тавра массăллă-политикăллă тата ăнлантаруллă ĕçе лайăх организацилесе пырать.

Ял Совечĕ колхозри парторганизаципе яланах тачă çыхăнса ĕçлет. Вăл пулăшнипе ял Совечĕ тавра пысăк актив ÿстерсе пĕтĕçтертĕмĕр. Активистсем хушшинче—депутатсем, коммунистсемпе комсомолецсем, учительсем, колхоз производствинче малта пыракансем. Вĕсен мĕнле пысăк вăй пулса тăнине кăтартса пама пĕр тĕслĕх те çителĕклĕ. Правительство халăх хуçалăхне аталантармалли çĕнĕ заем кăларнине радиопа пĕлтерсенех активистсемпе канашлу туса иртертĕмĕр, çĕнĕ заема сарасси çинчен каласса татăлтăмăр. Активист-агитаторсем хăйсен участокĕсенче массăллă ăнлантару ĕçне аталан туса пынипе пула, çĕнĕ заема сырăнса илессине майăн 7-мĕшĕнче 12 сехет тĕлне вĕçлерĕмĕр. Ял Советĕнчи колхозниксем 45 пин тенкĕлĕх ытла заем сырăнса илчĕç, 30 пин тенкине çийĕнчех тÿлерĕç.

Организациллĕ-массăллă тата политикăллă-ăнлантаруллă ĕçе куллен туса пыни колхозниксен ăнланулăхне, вĕсен Тăван çĕршыв умĕнчи ответлăхне ÿстерсе пыма май пачĕ. Çакна халĕ кашни ĕçрех уççăн курма пулать.

Йÿçкасси ял Совечĕ Панкли тата Матьăк ял Совечĕсемпе ăмăртса ĕçлет.

# Бюджет вăхăтра пурнăçланать

СОВЕТСКИ. Турай ял Совечĕ финанс планне кварталтан квартала иртерсе тултарса пырать.

Кăçалхи пĕрремĕш квартала районти ял Совечĕсен социализмлă ăмăртăвĕнче Турай ял Совечĕ малти вырăна тухрĕ. Кварталти финанс планне 105,4 процент, вăл шутра заем укçи пухмалли плана 100 процент, страховка укçи пухмалли плана 533,3 процент тултарнă.

Ĕççынни депутачĕсен район Совечĕн исполкомĕ, социализмлă ăмăрту итогĕсене пăхса тухса, Турай ял Советне райсовет исполкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне памалла тунă.

Ял Совет депутачĕсем организациллĕ-массăллă ĕçе активлă хутшăнаççĕ, хăйсене шанса панă ĕçе пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ. Депутатсем колхозниксен пухăвĕсенче докладсемпе калаçусем иртереççĕ. Вĕсем ял Советĕнчи активистсемпе тачă çыхăну тытса ĕçлеççĕ.

Финанс планне тултарас тĕлĕшпе колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци те нумай пулăшу параççĕ. Укçа-тенкĕ пухмалли плана тултарас тĕлĕшпе массăллă-ăнлантарулла ĕçе куллен туса пыраççĕ.

Финанс планне яланах вăхăтра пурнăçланă май ял Совечĕ хăйĕн бюджетне пур енĕпе те пурнăçласа пырать, служащисене ĕç укçи вăхăтра парса тăрать. Шкулпа ялти клуба çителĕклĕ вут-шанкă илсе панă. Çĕнĕ библиотека уçнă.

Ял Совечĕ халĕ те райсовет исполкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне алăран ямар тесе тăрăшса ĕçлет.

**В. МИХАЙЛОВ.**



Пирĕн Совет Союзĕнчи промышленность ялхуçалăхĕ валли çĕнĕ машинăсем çултан-çул ытларах туса кăларать. Кировоградри ялхуçалăх машинисем тăвакан «Красная звезда» завод тракторпа кăкарса ĕçлемелли çĕнĕ сеялка туса кăларма тытăннă. СА-48Б текен çĕнĕ сеялка 48 ретлĕ.

УКЕРЧĔКРЕ ÇИНЧЕ: СА-48Б текен сеялка.

Г. ВЕРУШКИН фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

# Кĕнеке сутас ĕçе хакламанни пулмалла мар

Пирĕ ялхуçалăх ыйтăвĕсемпе юлашки çулсенче кăларнă хăшпĕр чăвашла кĕнекесем кирлĕ пулчĕç. Çавăнпа эпир, çул майăн, Канаш райпотребсоюзĕн Шăхран поселокĕнчи магазинне кĕтĕмĕр.

Унта пăхрăмăр, кунта пăхрăмăр, анчах эпир ĕмĕтленни ахалех пулчĕ — магазинра ниçта та пĕр кĕнеке те курмарăмăр.

— Александра Александровна! Сирĕн кунта кĕнекесем сутмаççĕ-и мĕн?—ыйтрăмăр Зарубина продавщицăран.

— Э-э?..—тĕлĕннĕ пек пăхрĕ пирĕн çине вăл.—Кĕнекесем терĕр-и?.. Пур...

— Аста вĕсем? Курăнмаççĕ-çке?

— Кирлех пулсан, кăтартма пултаратăп.

Продавщица таварсем сутакан вăрăм сĕтел айĕнчен йывăр ещĕк шутарса кăларчĕ.

Эпир тĕлĕнмеллипех тĕлĕнтĕмĕр: ещĕкре—туллиех кĕнеке.

— Мĕн туса выртӑççĕ вĕсем кунта?

— Выртаççĕ-ха, — терĕ Зарубина. Вĕсен хакĕсене йÿнетнĕ. Çавăнтанпа выртаççĕ. Çĕнĕ хаксене пĕлместĕп.

— Чимĕр-ха! Кĕнеке хакне йÿнетесси çинчен партипе правительство постановленийĕ апрелĕн 1-мĕшĕнче тухнă. Унтанпа уйăх иртнĕ ĕнтĕ. Эсир халĕ те хаксене пĕлместĕр-и?

— Эпĕ хуçа мар. Райпотребсоюз мĕн хушать, çавна тăватăп,—ответлерĕ пире Зарубина.

Магазинра пурĕ 200 кĕнеке яхăн. Анчах унта çĕнĕ кĕнекесем пĕрре те çук. Ещĕкре выртакан кĕнекесем пурте магазина виç-тăватă çул каярах илсе пынăскерсем.

Ĕççыннисене коммунизмлă воспитани парас тата вĕсен куллен ÿссе пыракан культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçре кĕнеке пысăк вырăн йышăнать. Кĕнеке—совет çыннисен кулленхи пурнăç йăлине кĕнĕ. Пирĕн большевиксен партийĕ вĕрентсе çитĕнтернĕ совет çыннисем марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене, политика, наукăпа техника тата илемлĕ литература кĕнекисене, çавăн пекех промышленноçпа ялхуçалăхĕнче малта пыракансен ĕçри опычĕсем çинчен çырнă кĕнекесене питех те юратса вулаççĕ. Çакна ăна ялсенчи вулав сурчĕсенчен тата колхозри е шкулсенчи библиотекăсенчен кĕнекесем илсе вулакансен шучĕ куллен-кун ÿссе пымалланса пыни те лайăх кăтартса парать. Сăмахран, Янацкассинчи Доронин ячĕпе тăракан колхоз клубĕнчи библиотекăран кĕнеке илсе вулакансем 230 çын ытла, Асхвари «Красное пламя» колхоз клубĕнчи библиотекăра—56 çын ытла, Катекри вулав сурчĕнче—300 çынна яхăн шутланаççĕ. Колхозсенче тата шкулсенче час-часах вулакансен конференцийĕсем пулса иртеççĕ.

Анчах та Канаш районĕнчи суту-илÿ организацийĕсем ĕççыннисене кĕнеке сутас ĕçе хакламаççĕ. Районти ялпосем кăçалхи пĕрремĕш кварталта сутма пурĕ те 2 пин те 50 тенкĕлĕх кăна кĕнекесем илсе кайнă. Шаккăлпа Сиккасси ялпоĕсем тата районри магазин вара пĕр кĕнеке те илмен.

Эпир районти колхозсемпе ялсенчи чылай магазинсемпе лавккасенче пултăмăр. Анчах вĕсенче нихăшĕнче те кĕнекесем сутас ĕçе тивĕçлипе йĕркеленине курмарăмăр. Районти ялпосенче тата магазинсемпе лавккасенче ĕçлекенсем халăха мĕнле кĕнекесем кирлипе интересленмеççĕ. Магазинсемпе лавккасенче ятарласах кĕнеке сутмалли уйрăмсемпе кĕтессем çук. Хăшпĕр лавккасенче (Кивĕ Шелттем, Вырăскас Пикших, Татмăш т. ыт. те) кĕнекесем ытти таварсемпе хутшăнса кайнă, вĕсене курма та май килмест. Çакна пула чылай ялпосен лавккисенчи кĕнекесем темиçе çул хушши сутăнмасăр выртаççĕ. Хăшпĕр лавккара пĕр тĕрлĕ кĕнекесем сутăнмасăр выртаççĕ, çав вăхăтрах вĕсене ытти лавккасенче, ĕççыннисем ыйтаççĕ пулсан та, тупма çук.

Иртнĕ çулхи ноябрĕн 27-мĕшĕнче районти ĕççыннисем хушшинче кĕнекесем сутас ĕçе лайăхлатасси çинчен ятарласах ВКП(б) райкомĕн бюровĕнче сÿтсе явпăччĕ, унта райпотребсоюзпа суту-илÿ организацийĕсене тивĕçлĕ кăтартусем парса хăварнăччĕ. Анчах та вĕсем çакăнтан нимĕнле выводсем те туман. Кĕнеке сутас ĕçе лайăхлатасси çинчен суту-илÿ ĕçĕнче ĕçлекенсемпе канашлусем иртермен, вĕсене инструктаж паман. Райпотребсоюз енчен районти лавккасемпе магазинсенче кĕнекесем мĕнле сутнине тĕрĕслесе тăрас йĕрке çук. Ялти лавккасемпе магазинсенче кĕнеке сутас ĕçпе пуçламăш парторганизацисемпе комсомол организацийĕсем те, ял Совечĕсем те интересленмеççĕ.

**О. АСЛАН.**

# Заводри чи лайăх тимĕрçĕ

УЛАТĂР. Иван Александрович Сидоров пăравуссем юсакан заводра 18 çул хушши тимĕрçĕ пулса ĕçлет. Вăл сменăри заданине кулленех иртерсе тултарать, чи лайăх продукци кăна туса кăларать, çамрăксене те хăй пекех ĕçлеме вĕрентет.

Юлашки кунсенче вăл кулленхи заданине ялан 200-шер процент тултарса пыракан пулчĕ.

Сидоров юлташ ĕçе смена пуçланиччен темиçе минут маларах пырать, кирлĕ пулакан хатĕрсене йĕркелесе хурать. Ĕç вăхăчĕ унăн кашни минутпа туллин усă курнипе иртет. Унăн кашни минут, кашни самант шутра, ĕçре. Иван Александровичăн ĕçре тата тепĕр лайăх енĕ пур. Вăл ĕç тухăçлăхне ÿстернипе пĕрлех, кашни детале лайăх тума, пĕр браксăр ĕçлеме тăрăшать. Çапла вара вăл туса кăларнă детальсем 100 процентпех ĕçе юрăхлă пулаççĕ.

Канашри вагонсем юсакан заводри паллă стахановецсем-тимĕрçĕсем Семенов, Слепцов, Галкин, Гордеев тата Митрофановпа Михеев электросварщиксем сменăри заданине 7 сехет хушшинче пурнăçлама чĕнсе каланине И. Сидоров юлташ пысăк хаваслӑхпа кĕтсе илчĕ. Канашсен пуçарăвĕпе ĕçлесе, вăл сменăри заданине çичĕ сехетре е унтан та кĕскерех вăхăтра пурнăçласа пырать, кулленех заданирен иртерсе продукци туса кăларать. Май уйăхĕнче вăл ĕç тухăçлăхне татах та ÿстерчĕ. Сменăри заданине 4—5 сехетре тултарса пыракан пулчĕ.

Иван Александрович заводри чи лайăх стахановецсенчен пĕри. Ĕç тухăçлăхне чылай ÿстернĕшĕн, яланах лайăх продукци кăна туса кăларнăшăн ăна темиçе хутчен те тав туса премиленĕ, хисеп хăми çине кĕртнĕ. Май уявĕ умĕнхи ăмăртура мала тухнăшăн ăна заводри чи лайăх тимĕрçĕ ятне панă тата вăл туса кăларакан продукци çине хăйĕн клеймине лартма ирĕк панă.

И. Сидоров юлташ хăй кăна лайăх ĕçленипе çырлахса ларамасть, паха опыта ытти çамрăк рабочисене пама тăрăшать. Пĕтĕм бригадăна, пеха стахановла ĕçлекен бригада е цех тăвассишĕн, Тăван çĕршыва планран иртерсе продукци парассишĕн ырми-канми кĕрешет.

**А. СМИРНОВ.**

# Рабочисемпе служащисен çуллахи канăвĕ

Ĕслĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри профсоюз комитечĕ рабочисемпе служащисен çуллахи канăвне иртермелли план тунă. Халĕ заводри комитет санаторисемпе курортсене каяс текенсене шута илет. Кăçал социальнăй страховани енĕпе 300 çынна яхăн рабочисемпе служащисен санаторисене тата канмалли çуртсене кайма путевкăсем илеççĕ. Вĕсенчен хăшпĕрисем курортсемпе санаторисене кайнă та ĕнтĕ.

Заводри организацисем ачасен канăвне йĕркелессишĕн те тимлĕ тăрăшаççĕ. Рабочисемпе служащисен ачисем валли Шупашкартан 12 çухрăмра—Карачура ялĕ сывăхĕнче пионерсен лагерĕ пулать. Унта 300 ача канмалла. Халĕ лагерь уçма хатĕрленеççĕ, çуртсене юсаççĕ, икĕ çĕнĕ çурт тăваççĕ. Лагерь июнĕн 10-мĕшĕнче уçăлать.

Профсоюзпа комсомол организацийĕсем пуçарнипе канмалли кунсенче Атăл леш енне тата вăрмана кайса канассине организацилеççĕ. Кунсăр пуçне, музей экскурсине кайма, театрсемпе киносене пулма палăртнă. Пĕр кунлăх канмалли çуртра та рабочисемпе служащисем нумай пулмалла.

Заводри стадионра тĕрлĕ йышши спорт вăййисем: çăмăл атлетика, баскетбол тата футбол вăййисем тăрăх ăмăртусем пулса иртеççĕ.

## Экзаменсем пуçланчĕç

# Вунпĕрмĕш вăтам шкулта

Шупашкарти вунпĕрмĕш вăтам шкул иртнĕ кĕркунне ĕçлеме пуçларĕ. Пысăк чул çуртăн пĕрремĕшпе иккĕмĕш хучĕсенче строительсем ĕçленĕ вăхăтрах виççĕмĕшпе тăваттăмĕш хучĕсенче занятисем пынă. Малтанхи вăхăтра учительсене ĕçлеме çăмăлах пулман. Çĕнĕ шкулта вĕренме хулари ытти шкулсенче вĕреннĕ ачасем, çавăн пекех пир-авăр комбинат строительствине тĕрлĕ районсемпе хуласенчен килнĕ рабочисен ачисем пухăннă. Учительсем вĕренÿ çулĕ пуçлансанах тăрăшса ĕçлеме пуçланă. Ачасем часах хăйсене пĕр çемьери пек тытма, çине тăрса вĕренме тытăннă.

Акă, вĕсен пĕлĕвне тĕрĕслемелли вăхăт çитрĕ. Майăн 20-мĕшĕнче вĕсем ирхине ирех шкула экзамен тытма пухăнчĕç. Пурте таса çипуççем тăхăнса, пионер галстукĕсем çыхса килнĕ.

Шкулти радиоузел ирхине ирех ĕçлеме пуçланă. Мускавран паракан передачăсене итленĕ хыççăн, тăхăр сехет çитиччен вунă минут юлсан, вырăнти передачăсем пуçланчĕç. Микрофон умне шкул директорĕ Стребнев юлташ тухрĕ.

— Шкулти радиоузел калаçать! Ачасем, паян эсир экзамен тытаттăр... Сире пурне те экзаменсене ăнăçлă тытма ыра сунатăп...

Стребнев юлташ ачасене çак кунсенче В. И. Ленин ячĕпе тăракан пионер организацийĕ вăтăр çул тултарни çинчен, çакна май пирĕн юратнă çулпуçăмăр Сталин юлташ Совет Союзĕнчи çамрăк пионерсем патне саламлă çыру яни çинчен пĕлтерчĕ.

Тăхăр сехетре ачасем классене кĕрсе вырнаçрĕç. Çурçунчехи экзаменсем пуçланчĕç.

Тăваттăмĕш «А» класс. Кунта пурĕ 39 ача. Вĕсем пурте Журавлева учительницăна каланине тимлĕ итлесе лараççĕ. Учительница вырăс чĕлхипе «По дороге в лагерь» ятлă диктант текстне вулама тытăнчĕ. Класра пĕр сас-чĕвĕ те илтĕнмест. Вĕсен тăваттăмĕш класран вĕренсе тухмалла. Çамрăк арçын ачасемпе тата хĕрачасемпе пĕрлех çак самантра çамрăк ăрăва вĕрентес енĕпе чылайранпа ĕçлекен Журавлева юлташ та хумханни сисĕнет.

Диктант пĕтрĕ. Журавлева юлташпа çамрăк учитель Юрий Кириллов ачасен ĕçне тĕрĕслеме тытăнчĕç. Роза Осипова, Витя Мохов, Слава Шленкин «5» паллă илмелле, Вова Лебедевпа Ольга Васильева «4» паллă илмелле çырнă. Вĕсен ашшĕ-амăшĕсем пир-авăр комбинат строительствинче тĕрлĕ специалистсем пулса ĕçлеççĕ. Учительницăпа ассистент ачасен ĕçĕсене малалла тĕрĕслеççĕ; «5» тата «4» паллă илмелле çырнисем татах та пур.

Шкулта тăваттăмĕш классем пурĕ тăваттă. Ытти классенче те малтанхи экзаменсем ăнăçлă иртрĕç.

Пиллĕкмĕш класра вĕренекенсем математикăпа экзамен тытрĕç.

**Т. МАЙОРОВ.**

# ПИРВАЙХИ ЭКЗАМЕН

Шупашкарти хĕрачасен 1-мĕш вăтам шкулĕ паян уяв чухнехи пек. Шкулăн иккĕмĕш хутне хăпарнă çĕрте халăхсен çулпуçĕ, тăван аттемĕр Сталин юлташ пĕр пионера хăйĕн аллинче йăтса тăнине кăтартакан портрет. Портрет айĕнче «Тăван çĕршывăм çинче ĕмĕр-ĕмĕрех вĕлкĕш хĕрлĕ ялав, ĕç, мир, май!» тесе çырнă лозунг таçтанах илемлĕн курăнать.

Пионерсемпе вĕренекенсем савăнăçлă. Анчах кăштах хумханнине те туйса илме пулать. Паян пĕлÿ тĕрĕслевĕсем пуçланаççĕ. Уйрăмах çиччĕмĕш класра вĕренекенсемпе вăтам шкултан вĕренсе тухакансем хавасла. «Пĕлÿ тĕрĕслевĕсемпе экзаменсене тытса пĕтернĕ хыççăн, пĕрисем—техникумсемпе училищĕсене, теприсем—аслă шкулсене вĕренме каяççĕ.

Ирхине. 9 сехет çитмен-ха. Шкула вĕренекенсем пухăнаççĕ. Вĕсене шкул директорĕ В. П. Сычева юлташ ăшă кăмăлпа кĕтсе илет.

Кĕçех звонок янраса каять. 4-мĕш «А» класри пионерсем партă хушшине вырнаçса ларчĕç. Класа Х. К. Железкова учительницăпа А. П. Трофимова ассистент кĕчĕç. Вĕренекенсем вĕсене ура çине тăрса хаваслăн кĕтсе илчĕç. Вĕсен паян вырăс чĕлхипе диктант çырмалла. Учительница вĕренекенсене хут листисем валеçсе парать те, диктант текстне вулать. Вĕренекенсем тимлĕн итлесе лараççĕ. Кашниннех лайăх çырас килет.

Çыру урокĕ икĕ сехете пымаллаччĕ. Анчах пĕр сехет иртнĕ-иртменех ачасем хăйсен пĕлÿ тĕрĕслевĕн листисене ассистент умне пыра-пыра хума пуçларĕç. Учительница васкамалла маррине пĕлтерет, анчах харпăрхăйне шанни, ĕненни вĕсене ÿсĕмлĕ ĕçлеме май парать.

Пĕлÿ тĕрĕслевĕ учительницăна та хумхантарать.

— Мĕнле-ши, хăшĕ те пулин начар çырса класс ячĕне пăсмĕ-ши?—шухăшлать 25 çул ытла учительница пулса ĕçлекен Железкова юлташ. Ăна çамрăк ăрăва пĕлÿ парас ĕçре нумай çул хушши ăнăçлă ĕçленĕшĕн правительство «Хисеп паллиĕ» орденпа, «Ĕçре палăрнăшăн» медальпе наградăланă.

Пурте çырса пĕтерсен, учительницăпа ассистент çыру ĕçĕсене тĕрĕслеме тытăнчĕç. Чи малтан Валя Линашина ĕçне тĕрĕслерĕç. Пĕр йăнăшсăр таса çырнă вăл.

— «5» лартас пулĕ,—тет учительница.

— Ним иккĕленмесĕрех лартма юрать, питĕ лайăх çырнă,—ответлет савăнăçлăн ассистент.

Ун хыççăн Маргарита Мальцева, Нина Абакумова, Нина Пещерова ĕçĕсене тĕрĕслерĕç. Вĕсем пурте «5» паллă илме тивĕçлĕ пулчĕç. Экзамента 40 ача пулчĕ, вĕсенчен 28-шĕ «5», 9-шĕ—«4», 3-шĕ—«3» паллă илчĕç. Начар паллă илнисем пачах та пулмарĕç.

Вырăс чĕлхипе çырнă çыру ĕçĕ 4-мĕш «Б» класра та аван иртрĕ. Пĕр класра иккĕмĕш çул ларнă Светлана Николаевăпа Дальфа Порфирьева, пĕр вăхăтра вĕренÿре çителĕклĕ ĕлкĕреймен Альба Павловăпа Роза Игнатьева та, малтанхи экзамена ăнăçлă тытрĕç, вĕсем кăçал çине тăрса вĕреннĕ.

Экзаменсем 5-мĕш классенче арифметикăпа, 10-мĕш классенче вырăс литературипе çыру ĕçĕсемпе пулса иртрĕç.

**Г. ИСАЕВ.**

# Экзаменсем ăнăçлă иртеççĕ

ÇĔМĔРЛЕ, майăн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Хулари тата районти пур шкулсенче те экзаменсем йĕркеллĕ пуçланнă. Кăçалхи çул пурĕ ултă пин ача ытла экзамен тытать. Вĕсенчен вуннăмĕш класран вĕренсе тухакан 100 çамрăк ытла аттестат зрелости илмелли экзамен тытать. 900 ача ытла кăçал çичĕ çул вĕренмелли шкултан вĕренсе тухать.

Хулари пĕрремĕш вăтам шкулăн 9-мĕш «А» класĕ. Сутă те аслă класра тĕрлĕ карттăсем çакăнса тăраççĕ. Кунта вĕренекенсем паян географипе экзамен тытаççĕ. Класа икĕ группăна уйăрнă. Малтан пĕрремĕш группăри ачасем экзамен тытаççĕ. Акă Альбина Леонтьева билет илет. Кăштах шухăшласа ларнă хыççăн вăл ответлеме тытăнать. Хăюллăн ответлет. Малтанхи сăмахсенчех вăл предмета питĕ лайăх пĕлни курăнать. Ун хыççăн Валентина Демина, Татьяна Жданкина, Антонина Строгова ученицăсем те билетсенчи ыйтусем çине пĕр такăнмасăр лайăх ответлеççĕ.

Районти ытти шкулсенчен те лайăх хыпарсем килеççĕ. Мулкачкассинчи пуçламăш шкулти 4-мĕш класра вĕренекенсем вырăс чĕлхипе экзамен лайăх тытнă. Экзамен тытма ирĕк панă 16 ачаран вуннăшĕ—«5», виççĕшĕ—«4» паллăсем илнĕ.

**Е. АФАНАСЬЕВ.**
**(Хамăр корр.).**

# Малтанхи результатсем

КУСЛАВККА, майăн 20-мĕшĕ. (Телефонпа, хамăр корр.). Пуçламăш шкулсенче вĕренекенсем малтанхи экзаменсене тытни çинчен лайăх хыпарсем килчĕç.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеплĕ грамотипе наградăланă Пăрмасри пуçламăш шкул кăçалхи вĕренÿ çулне те, яланхи пекех, ăнăçлă вĕçлерĕ. 1—3-мĕш классенче вĕренекен ачасене пурне те аслăрах классене куçарнă. Паян 4-мĕш класра вĕренекенсем вырăс чĕлхипе диктант çырчĕç. Çыру ĕçне тĕрĕсленĕ хыççăн ачасем пурте экзамена ăнăçлă тытни курăнчĕ. Чылайăшĕ «5» тата «4» паллăсем илнĕ. Отлично çырнисем хушшинче яланах лайăх вĕреннĕ Александр Байбородин, Лидия Белова, Валентина Романова тата ыттисем те.

Пăрмас шкулĕн çулленхи ÿсĕмĕсем Александр Терентьевич Некрасов учителĕн пархатарлă ĕçĕсенчен килеççĕ. Вăл çамрăк ăрăва вĕрентес тĕлĕшпе çур ĕмĕр хушши ĕçлет. Совет правительстви ăна РСФСР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ ятне панă, икĕ хутчен Ленин орденĕпе наградăланă. Кунсăр пуçне, вăл Ушинский медалĕпе халăха çутта кăларас ĕç отличникĕ значокне илме тивĕçлĕ пулнă. Некрасов юлташ хăй учитель пулса 50 çул ĕçленине кăçалхи вĕренÿ çулне лайăх вĕçленипе паллă тăвать.

Куславккари пĕрремĕш вăтам шкулти кĕçĕн классенче вара пачах урăхла тĕслĕх куратпăр. Кунта 1—3-мĕш классенче вĕреннĕ 129 ачаран 103 ачана кăна аслă классене куçарнă. Аслăрах класа куçайман ачасен хисепĕ уйрăмах 3-мĕш «В» класра пысăк. Ку класра Ф. Павлова учительница хăйĕн тивĕçне пурнăçлайман.

4-мĕш «А» класра та чылай ачасем начар вĕреннĕ, шкула час-часах систерсе çÿренĕ. Вĕсене Е. Новикова учительница кирлĕ пек вĕрентме тăрăшман, ачасен ашшĕ-амăшĕсемпе çыхăну тытман. Пĕлÿ çителĕксĕр пулнă пирки 33 ачаран 10 ачана экзамена кĕртмен. 4-мĕш «В» класра вырăс чĕлхипе диктант çырнă 28 ачаран икĕ вĕренекен экзамен парайман. Кунта «5» паллă илнисем питех те сахал. Çакă вăл А. Майорова учительница вырăс чĕлхипе начар вĕрентни çинчен калать.

## Франци халăхĕ Америка окупанчĕсене хирĕç кĕрешес ĕçе вăйлатать

ПАРИЖ, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Францири Америка козонийĕ туса хурассине хирĕç, „Корея" халăхĕн палачĕ Риджуэй генерал, агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика блокĕн хĕçпăшаллă вăйĕсен главнокомандующийĕ пулма уйăрса лартнăшăн, Парижа пырассине хирĕç протестлесе, Францире пур çĕрте те юлашки кунсенче митингсемпе демонстрацисем ирттересçĕ. Францири рядовой çынсем Германи вăйлăланчĕ тесе Америкăн пропаганда служби сарнă хыпарсене хирĕç протестлесçĕ.

«Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çак кунсенче Сен-Кантен хулинче (Эна департаменчĕ) Америкăн пропаганда служби «Америкăри пурнăç йăлисем» текенскерпе паллаштарма выставка организациленĕ. Американецсем çавăн пек хăтланнине хирĕç протестлесе, çамрăксем пысăк демонстраци ирттернĕ. «Американецсем, хăвăр киле тухса кайăр!», «Чумилли Риджуэй пирĕн пата килсе „ан кĕтĕр!" тесе кăшкăрса, çамрăк патриотсем площаде пухăннă, Америкăн пропаганда службин сарнă плакатсемпе кĕнекесене вут тивертсе çунтарса янă. Хулари пĕр кинотеатрта унччен Америка фильмне кăтартнă пулнă, çамрăк патриотсем çак фильма кăтартма пăрахтарнă.

Безье хулинче (Эро департаменчĕ) «Энжабель» текен строительство предприятийĕнче ĕçлекен рабочисем Америкăн бактериллĕ вăрçă генералĕ Риджуэй Парижа пырассине хирĕç протестлесе çак кунсенче забастовка ирттернĕ.

«Юманите» хаçат тата çакăн çинчен пĕлтерет: майăн 18-мĕшĕнче Орлеан хулинче (Луара департаменчĕ) мире хӳтĕлес ыйтупа халăх пухăвĕ пулнă. Çав пухăва пухăва чарас шутпа пĕтĕм тĕрлĕ чăрмав тунă пулин те, унта 11 пин çын ытла пухăннă. Пухăва тата Мезлен хулинчи (Сойша Марна департаменчĕ) ĕçсыннисен делегацийĕ пынă. Делегаци хăйĕнпе пĕрле хăйсен хулинче Америка окупанчĕсем нумай пулмасть вĕлернĕ Альфред Гадуа рабочин портретне илсе пынă. Пухура Жорж Казанова, Жильбер де Шамбран, Франсуаза Леклерк тата Жак-ьео адвокат сăмах тухса каланă. Ку адвокат Пĕтĕм тĕнчери юрист-демократсен комиссийĕн составĕнче пулнă. Вăл нумай пулмасть Демократиллĕ Корея Халăх Республикине кайса килнĕ.

Пухăва пынисем Америка интервенчĕсем Корейăпа Китай халăхне хирĕçле бактериллĕ вăрçине хăвăрт чарса лартма ыйтнă, Риджуэй генерал Парижа пырассине хирĕç протестленĕ.

Мире сыхлас ыйтупа Парижри хĕллехи велодромра пысăк пуху ирттернĕ. Унта вунпилĕк пин ĕçсыни пухăннă. Пухура Эжен Энафф, Жаннетта Вермерш, Ивонна Дюмон, Луи Бонвар, Боск пастор, Луи Дакон тата миршĕн кĕрешекен ытти паллă çынсем те сăмах тухса каланă. Пухăва пынисем Францири ĕçсыннисене чĕнсе калани йышăннă. Унта Америкăн чумилли-генералне Риджуэя Париж хулинче пыма чарассишĕн кĕрешме, Америка çĕршыва окупацилеччине хирĕç, нацин никама пăхăнманăхне çĕнĕрен илессишĕн кĕрешес ĕçе вăйлатма чĕннĕ.

«Юманите» хаçат ĕнер Парижри студент-медиксем Риджуэй Франци столицинче пырассине хирĕç протестлесе демонстраци ирттерни çинчен каласа кăтартнă. Çав демонстраци вăхăтĕнче студентсем Уорен Остина хирĕç Фредерик Жолио-Кюри панă ответăн текстне пичетленĕ листовкăсем сарнă.

## Миршĕн тăракансен Пĕтĕм Англири конференцийĕнче

ЛОНДОН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Миршĕн тăракансен Пĕтĕм Англири конференцийĕн ĕнер кăнтăрла пулнă ларăвĕнче горнякcен нациллĕ профсоюзĕн генеральнăй секретарĕ Артур Хорнер сăмах тухса каланă. Вăл хăйĕн сăмахĕнче: «Çĕршер çулсем хушшинче» Англин «малтанхи хутчен те» пулин хăйне пурăнма кирлĕ чухлĕ хăйĕн ĕçлесе тăвасчĕ, колонисенчи халăхсене эксплуатациелес марччĕ, тенĕ. Çавăн пек тумалли пĕртен-пĕр çул вăл Англи хăйĕн пĕртен-пĕр пуянлăхĕпе—çĕр кăмăкĕпе туллин усă курни пулĕччĕ, çак пуянлăх пирĕн пур. Англин хăйĕн çĕр кăмăкне тата квалификациллĕ рабочисен çарĕне мирлĕ пурнăçра кирлĕ таварсене туса хатĕрлеме усă курас пулать. Çавăн вырăнне халĕ вăрçăра кăна усă курма май килекен таварсене туса хатĕрлессĕ, çапла вара Англи экономикине пысăк сиен кӳрессĕ, тенĕ вăл.

Мире сыхлас тĕлĕшпе Манчестерта ĕçлекен комитетăн представителĕ Берт Эйнли халĕ Манчестерта Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ мире сыхламалли килĕшӳ тума чĕнсе калани çине алă пустарас ĕç малалла пыни çинчен каланă тата Тĕнчери çĕршывсен Мускаври экономикăллă канашлăвĕ Ланкаширти çынсене хытă интереслентерчине палăртнă. Вăл Ланкаширта Хĕвелтухăçĕпе Хĕвеланăçĕ хушшинчи суту-илĕве анлă сарассишĕн тăрăшас юхăм вăйланса пыни çинчен каланă.

Ноттингемшир графствинчи горняксенчен конференцие суйласа янă Уилсн делегат шахтерсем мирлĕ пурнăç тума çĕр кăмăкĕ кăларма хатĕр пулни, вĕсем вăрçă валли çĕр кăмăкĕ кăларасшăн мар пулни çинчен каланă.

Эвен делегат конференцире йышăнма атомлă тата вут тивертекен бомбăсемпе, бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курнине сивлекен, правительствăран хăй çавăн пек хĕçпăшалсем çине мĕнле пăхнине пĕлтерме ыйтакан резолюци сĕннĕ. Ку резолюцие конференци пĕр саслă пулса йышăннă.

Конференцире, пурте пĕр саслă пулса, Англи халăхне чĕнсе калани йышăннă. Пĕтĕм Англи халăхĕ аслă державăсем хăйсем хушшинче килĕшӳ тăвасси çинчен каласусем ирттерине йĕркелеме тума ыйтать, пĕтĕм Англи халăхĕ хăй вăйне йĕркелесе кĕрешнине кăна Англие çăлса хăварма пулать, тенĕ резолюцире.

Конференцире юлашкинчен Мире сыхлас тĕлĕшпе Англире ĕçлекен комитетăн организациллĕ ĕçсен секретарĕ Уильям Уэйнрайт сăмах тухса каланă.

Уэйнрайт Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшӳ тума чĕнсе калани çине алă пустармалли кампание вăйлатма чĕннĕ.

Çакăнпа миршĕн тăракансен Пĕтĕм Англири конференцийĕ хăйĕн ĕçĕсене туса пĕтернĕ.

Мандат комиссийĕ тунă доклад тăрăх, конференцире 479 организацирен 626 делегат пулнă. Çав шутра конференцие мире сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен 167 комитетран, профсоюзсен 144 организацийĕнчен тата профсоюзсен 5 Совечĕнчен делегатсем пухăннă.

## Германири демократиллĕ хĕрарăмсен союзĕн конгресĕ хупăнна

БЕРЛИН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Германири демократиллĕ хĕрарăмсен союзĕн тăваттăмĕш конгресĕн юлашки ларăвĕ пулнă.

Лару пуçланнасан конгресс пухăннисене Демократиллĕ Германи Республикинчи халăх хуçалăхĕнче ĕçлекен активистка-хĕрарăмсен делегацийĕ саламланă. Унтан Италири, Финляндири, Англири тата Австрири хĕрарăмсен представителĕсем сăмах тухса каланă.

Конгресра нимĕçсен рабочи класĕн ертӳçи Эрнст Тельманăн тăлăх юлнă арăмĕ—Роза Тельман сăмах тухса каланă. Совет Союзĕ панă сĕнӳсен—пĕрлехĕ Германипе хăвăртрах мирлĕ договор тума май паракан пĕртен-пĕр çула кăтартса паракан сĕнӳсен пĕлтерĕшĕ çинчен ăнлантарса парасси нимĕç хĕрарăмĕсен тивĕçĕ пулса тăрать, тенĕ вăл.

Конгресс делегачĕсем, пĕр шухăшлă пулса, Германири хĕрарăмсене чĕнсе калакан манифест йышăннă. Унта вĕсем хĕрарăмсене вăрçа хатĕрленмелли «пĕтĕмĕшлĕ договора» хирĕç, пĕрлехĕ Германипе мирлĕ договор тутарассишĕн пĕтĕм вăйпа хурса кĕрешме чĕнессĕ.

Конгресра илтнĕ докладсене сӳтсе явнă хыççăн пĕр шухăшлă пулса резолюци йышăннă, унта Германири демократиллĕ хĕрарăмсен союзĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен, чи малтанах нимĕç хĕрарăмĕсен «пĕтĕмĕшле договора» хирĕç, Германипе хăвăртрах мирлĕ договор тутарттарассишĕн организацилене кĕрешме мĕнле мелсем тумалине палăртнă.

Германири демократиллĕ хĕрарăмсен союзĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма çĕнĕрен Элли Шмидта суйланă, иккĕмĕш секретарĕ пулма Вильгельмина Ширмер-Прешера суйланă.

Конгресс хупăннă хыççăн делегатсемпе ют çĕршывсенчен пынă хăнасем Трептов-паркра пулнă, унта вĕсем совет воинĕсен памятникĕ умне чĕчек кăшăлĕсем хунă.

## Финлянди сеймĕнчи сылтăмри депутатсем ĕç прави çинчен калакан закон проектне хирĕç сасăлана

ХЕЛЬСИНКИ, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Финлянди халăх демократиллĕ союзĕ сеймра пăхса тухма панă закон проекчĕ тăрăх. Проектра Финлянди конституцине çавăн граждансене ĕç прави пама кирлĕ пурри çинчен шантарнăскер кĕртме сĕннĕ. Ĕнер сеймра ку проекта хирĕç 106 депутат, ăна йышăнасшăн 60 депутат сасăланă. Çапла вара, сылтăмри депутатсем, сеймра ытларăххи пулса тăракан условисене ĕç прави çинчен калакан закон проекчĕ пирки ăна йышăнман.

Буржуаз представителĕсемпе пĕрле закон проектне хирĕç Финляндири социал-демократсен партийĕн депутачĕсем çар преступникĕ Таннер тата 19 социал-демократ сасăланă. Демократиллĕ хаçатсем çапла кăтартаççĕ: Таннерпа ун майлă хăйсене, асăннă закон проектне хирĕç сасăласа, социал-демократсен партийĕн программине пит йĕркерере пăснă. Социал-демократсен партийĕн программинче конституцие çавăн пек улшăну кĕртесси çинчен каланă.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕн паянхи пĕлтерĕвĕнче çапла каланă: Халăх çарĕн соединенийĕсем Китай халăх добровольцĕсен чăсĕсемпе пĕрле тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçаççĕ, тăшман салтакĕсемпе офицерĕсене тата техникине нумай пĕтересçĕ.

Паян Халăх çарĕн зенитнăй чăсĕсем тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтакĕсем тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ. Çав самолетсем ӳкнĕччен, ытти самолетсемпе пĕрле, мирлĕ халăх пурăнакан хуласемпе ялсем çине бомбăсем пăрахнă çĕре хутшăннă пулнă.

### ЛИ СЫН МАН ÇАРĔЧЧИ САЛТАКСЕМПЕ ОФИЦЕРСЕН УШКĂНĔ КОРЕЯ ХАЛĂХ ÇАРĔ ЕННЕ КУÇНĂ

ПХЕНЬЯН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Пхеньянри радио пĕлтернĕ тăрăх, Америка империалисчĕсемпе Корейăри сутăнчăксен шайки захватчикла вăрçă вăрçнă пирки Ли Сын Ман çарĕнчи офицерсемпе салтаксем хушшинче тарăхасси вăйланса пырать.

Нумай пулмасть фронт линийĕ урлă Ли Сын Ман çарĕн 7-мĕш дивизийĕн офицерĕсемпе салтакĕсен ушкăнĕ каçнă. Вĕсем хушшинче пĕр батальонăн командирĕ—Ким Ок пулнă.

Пхеньянра вĕсене хулари учрежденисемпе организацисен представителĕсем, столицăри ĕçсыннисем тата Халăх çарĕн воинĕсем кăмăллă кĕтсе илнĕ.

Пхеньянра пурăнакансем саламланине хирĕç ответлесе, батальон командирĕ пулнă Ким Ок сăмах тухса каланă. Вăл лисынманла сутăнчăксен ушкăнĕ патĕнче ирсĕр службăра тăма пăрахнине хăйĕн савăнăçĕ тата телейĕ тесе шутлани çинчен, тăван çĕршывпа халăхшăн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме шут тытни çинчен каласа панă.

### КОРЕЯ ХАЛĂХĔ АЗИРИ ТАТА ЛĂПКА ОКЕАН ТАРАХĔНЧИ МИРШĔН ТĂРАКАНСЕН КОНФЕРЕНЦИНЕ ПУХМА ЧĔННИНЕ ЫРЛАТЬ

ПХЕНЬЯН, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Китайри миршĕн кĕрешекенсем Азири тата Лăпкă океан тăрăхĕнчи çĕршывсенчи миршĕн тăракансен конференцине пухма чĕнни çинчен Корейăри хаçатсем нумай çыраççĕ.

Хаçатсем Корея халăхĕ çав ырă пуçарăва хĕрӳллĕн ырлани çинчен пĕлтерессĕ. Мире сыхлас тĕлĕшпе Корейăра ĕçлекен комитет конференцие пухакан Пуçару комитетĕнче ĕçлеме хăйĕн представителĕсене уйăрнă, конференцие хатĕрлenес тĕлĕшпе Корейăра ĕçлекен комитет тунă. Конференцие пухма хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлеме Пекин хулине Корея представителĕсен ушкăнĕ каять. Çак ушкăн пуçлăхĕ пулма Пак Ден Ая уйăрнă.

Конференци пухасси çинчен пĕлтерекен хыпара Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи пĕтĕм халăх хапăл туса йышăннă.

Азири тата Лăпкă океан тăрăхĕнчи çĕршывсенчи миршĕн тăракансен конференцийĕ вăл вăрçă пуçарма хĕтĕртекенсене çĕнĕрен вăйлăн пырса çапни пулать. Америка империалисчĕсем хăйсен агрессиллĕ ĕçĕсене Инçет Хĕвелтухăçĕнче сараççĕ. Çавăнпа та Инçет Хĕвелтухăçĕнче мире сыхласа хăварасси Азири халăхсемшĕн пĕрремĕш вырăнта тăракан пысăк ĕç пулать, тенĕ Корейăри демократиллĕ хĕрарăмсен союзĕн президиум председателĕн заместителĕ Чо Покне.

### ЯПОНИПЕ СОВЕТ СОЮЗĔН ТУСЛĂХ ОБЩЕСТВИ ЧЛЕНĔСЕН ЙЫШĔ ӲСНĔ

ТОКИО, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Нумай пулмасть Японипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин съезчĕ пулса иртни çинчен пĕлтерсе, «Совъет ньюс» хаçат юлашки икĕ çул хушшинче общество членĕсен шучĕ виçĕ хут ӳснине, вăл кăларакан хаçатсемпе кĕнекесен тиражĕ 10 хут ӳснине палăртать.

### БРАЗИЛИ ПИСАТЕЛĔ ЖОРЖИ АМАДУ ХĂЙĔН ТĂВАН ÇĔРШЫВНЕ ТАВРĂННĂ

МОНТЕВИДЕО, майăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Бразилири хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Бразилин паллă писателĕ, «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» паракан тĕнчери Сталинла премин лауреачĕ Жоржи Амаду хăйĕн тăван çĕршывне таврăннă. Полици хĕсĕрленĕ пирки унăн тăватă çул хушши урăх çĕршывсенче пурăнма тивнĕ.

«Импренса популар» хаçат çакна палăртать: Жоржи Амаду писателе миршĕн тăракансем хаваслă кĕтсе илнĕ, çакă вара миршĕн тăракансем хăюллă патриота тата миршĕн кĕрешекене хăйсем юратнине палăртакан демонстраци пулса тăнă.

### ГОЛЛАНДИРИ ПУЛĂÇСЕН ЗАБАСТОВКИ

ГААГА, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Голландири пулăçсем пурăнакан пур центрсенче те забастовка анлă саралнă. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, пулă тытмалли пĕтĕм флот халĕ гаваньсенче тăрать, мĕншĕн тесен пулăçсенчен 900 çынна ĕçрен кăларма тăнă, вĕсемпе тинĕсе тухма килĕшмен. Пулăçсем хăйсене çирĕп ĕç укçи тӳлемелле тата пулă нумай тытнăшăн преми тӳлемелле тутарассишĕн кĕрешеççĕ.

## США-ри коммунистсен партийĕн нациллĕ комитет председателĕн Фостерăн заявленийĕ

НЬЮ-ЙОРК, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). США-ри коммунистсен партийĕн нациллĕ комитечĕ хаçатсем çинче пичетлеме заявлени панă. Ку заявление коммунистсен партийĕн нациллĕ комитечĕн председателĕ Уильям Фостер представительсен палатин хĕçпăшаллă вăйсем енĕпе ĕçлекен комиссине ярса панă. Заявленире Смит тăратнă закон проектне, рабочисене хирĕçле закон проектне сивленĕ. Заявленире çапла каланă: ку закон проекчĕн тĕллевĕ Америкăри рабочисене хăйсен тĕп прависĕр — забастовкăсем тума ирĕк паракан правасăр—хăварасси пулать. Пăхса тухма сĕннĕ закон проекчĕ «хальхи вăхăтри профсоюзсенчен правительствăпа компанисем контроллесе тăракан организацисем, хăй вăхăтĕнче Гитлерпа Муссолини тунă пек организацисем, туса хурать». Трумэн чугун çулсемпе хурçă шăрătакан промышленноçа контроллесе тăмалла туни те, халĕ асăннă закон проекчĕ те «Пĕрлешӳллĕ Штатсене полициллĕ йĕркесем пуç пулса тăракан государство туса хума тăрăшас пĕтĕмĕшле туртăмăн пĕр пайĕ тата вăйланса пыракан пайĕ» пулса тăрать.

«Смит сĕннĕ закон проекчĕ вăл—профсоюзсене хирĕçле проект, унта Смит сĕннипе 1940 çулта йышăннă законри реакциллĕ шухăшсем витĕр çапнă, çав закон тăрăх халĕ коммунистсене ушкăнĕ-ушкăнĕпе, пысăк ушкăнсемпе, суд туса тĕрмене хупаççĕ. Смит господин икĕ закона та пĕр тĕллевпе, чăннипе каласан—Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи организациленĕ реакци валли çула тасатса парас тĕллевпе çырса хатĕрленĕ... Смит сĕннĕ закон проекчĕ Уолл-стрит империализмĕн вăрçă вăрçмалли тĕллевĕсене пурнăçлас шутпа хатĕрленнĕ», тенĕ Фостер.

Америка халăхĕн нумай йышлă массисем мир тата демократиллĕ йĕрке тума тăрăшни, вĕсем вăрçă пуласси сирсе яма май килет тесе шутлани çинчен çырса, Фостер çапла калать: монополистсем суйса улталанипе тата идеологи енĕпе хăратса ӳкернипе Америкăри мире юратакан халăха монополистла капиталăн эксплуатацие вăйлатмалли программипе килĕшме пĕкĕн хĕтĕртме пулать тесе шутлаççĕ, монополистсем хăйсен политикин çул-йĕрне çавăн пек шухăшласа палăртаççĕ. Çакă вăл—Смит забастовкăсем тума чарас шутпа сĕннĕ закон проекчĕн, Смит сĕннипе çынсен пуçĕнчи шухăшĕсене тĕрĕслесси çинчен йышăннă законăн, Тафтпа Хартли сĕннипе чуралла ĕçлеттересси çинчен йышăннă законăн, Маккарэн сĕннипе концентрационнăй лагерьсем тăвасси çинчен йышăннă законăн тĕп тĕллевĕ. Çавăн пек ĕнтĕ, çĕршывра хальхи вăхăтра нимĕнле сăлтавсăрах туса хунă «чрезвычайнăй йĕркен» тĕллевĕ. Ку йĕрке пирĕн çĕршыври мĕнпур реакционерсене татах та ытларах вăйлатать».

Фостер суйлавçăсене президента суйлама тăратнă, Смит сĕннĕ закона хӳтĕлекен пур кандидатсене те хирĕç сасăлама чĕннĕ.

## Миршĕн кĕрешес ĕç США-ра

НЬЮ-ЙОРК, майăн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Америкăра миршĕн тăракан пĕр организаци—«Американецсен миршĕн кĕрешмелли походĕ» текенскер — июнь уйăхĕн пуçламăшĕнче ятарласа хăйĕн нациллĕ комитечĕн анлă ларăвне пухма, унта миршĕн кĕрешмелли программăна хатĕрлеме шутлать. Ку программăна демократсен партийĕн, республиканецсен партийĕн тата прогрессивнăй партин съезчĕсене пăхса тухма, çав партисен суйлав умĕнхи платформисене кĕртмешкĕн сĕнме палăртнă. «Дейли уоркер» хаçат çапла шутлать: çав программăри тĕп требовани вăл—Корейăра пĕр тăхтаса тăмасăрах мир тума тата аслă державăсем хушшинче мирлĕ каласусем ирттерме ыйтасси пулать, тет.

Кунсăр пуçне, организаци халĕ мире хӳтĕлес ыйтăва сӳтсе явма апрелĕн 1-мĕшĕнче Вашингтонра пухăннă, нумай штатсен представителĕсем хутшăннă, ассамблея йышăннă программа тăрăх миршĕн кĕрешмелли кампание ертсе пырать. Пурте пĕлессĕ ĕнтĕ, ку программа Корейăра мир тума ыйтать, пилĕк аслă держава хушшинче мире сыхламалли килĕшӳ тума чĕнекен çыру çине татах та нумайрах çынсене алă пустарассишĕн тăрăшма хушать, Германие çĕнĕрен хĕçпăшаллантарассине чарса лартма, Германи ыйтăвне пăхса тухма тăватă державăн канашлăвне пухма, колонисенчи халăхсен управлени ĕçĕсене хăйсен аллине илессишĕн тата никама пăхăнманлăхшăн кĕрешес юхăмне—вăйланса пыракан юхăма—пусарассине чарса лартма ыйтать.

Миршĕн кĕрешес ĕçе профсоюзсем те вăйлатаççĕ. «Дейли уоркер» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Нью-Йоркра нумай профсоюзсем хулари профсоюзсен конференцийĕ, миршĕн тăма чĕнсе, Трумэн ячĕпе çырнă почта открыткисене сараççĕ. Почта карточкисем çинче васкасах хĕçпăшал нумай хатĕрлени пысăк хăрушлăх туса хуни, Америка халăхĕн пурнăçĕ начарланса пыни çинчен каланă. Почта карточкисем çинче Трумэн умне çакăн пек требовани лартнă: «пирĕн укçана ют çĕршывсен çарĕсене тума тата базăсем тума парассине чарса лартмалла, ун вырăнне пĕтĕм тĕнчери йывăр лару-тăрăва пĕтерме мирлĕ калаçусем ирттернипе хĕçпăшалсăрланасси тата мир тăвасси çинчен килĕшӳ хатĕрлеме пилĕк аслă державăн канашлăвне пухмалла».

«Дейли уоркер» хаçат Чикаго хулинчен илнĕ хыпар тăрăх, тĕнчери тир-сăран тата çемçе сăмлă тир промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен профсоюзĕсен съезчĕ миршĕн кĕрешес, гражданла тата экономикăллă правăсемшĕн кĕрешес тата ытти ыйтусемпе чылай резолюцисем йышăннă. Съезда пухăннисем Корейăри вăрçа халех чарса лартма, пур çĕршывсем те хĕçпăшалсăрланассине пурнăçлама, ирĕклĕ те мирлĕ суту-илӳ йĕркине çĕнĕрен туса хума ыйтса требованисем лартнă. Съезд США, Совет Союзĕ, Великобритани тата Китай правительствисене ыйтусене мирлĕ йĕркелес тĕллевпе халех канашлу пухма, вăрах вăхăта пыракан мир тăвичченех канашлусем ирттерме чĕннĕ.

«Дейли уоркер» хаçат Чикаго хулинчен илнĕ хыпар тăрăх, Мире сыхлас ыйтупа ĕçлекен советăн профсоюз комитечĕн председателĕ Строуд майăн 25-мĕшĕнче çав Совет профсоюзсен миршĕн кĕрешес ыйтăва сӳтсе явакан конференцине пухасси çинчен пĕлтернĕ. Хаçат çак пуçарăва профсоюзсем нумайăшĕ ырлани çинчен çырать.

## Францири Республика Совечĕн суйлавĕ

ПАРИЖ, майăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕп çĕршыври (метрополири) 36 департамента Франци парламенчĕн иккĕмĕш палатине—Республика Советне çĕнĕрен депутатсем суйланă. Паян çав суйлавăн результачĕсене пĕлтернĕ. Çав результатсене хаклаcа, Парижра паян тухнă хаçатсем пурте суйлавра де Голĕн фашистла партийĕ — «Франци халăхĕн пĕрлешĕвĕ» (РПФ) пысăк поражени тӳснине палăртаççĕ. Кун умĕн пулнă суйлаврипе танлаштарсан, çав парти хăй ун чухне илнĕ сасăсен 29,2 процентне çухатнă.

Çав вăхăтрах суйлавра реакциллĕ хăш-пĕр политикăллă ушкăнсен — «никама пăхăнманнисем» тата «хресченсен партийĕ» текенскерсен—позицийĕсем пăртак тĕрекленсе палăрнă. Ку ушкăнсем Франци правительствин хальхи пуçлăхĕ Пинэй тытса пыракан политикăна хӳтĕлеççĕ. Анчах Республика Совечĕн составĕ, тĕпрен илсен, халиччеххи пекех юлнă.

Францири реакци суйлавра коммунистсен партине поражени тӳстерме хăтланнă пулин те, унăн ĕçĕ ăнăçсăр пулнă. Хальхинче Франци реакцине демократие хирĕçле суйлав законĕ те — суйлавра сасăсен ахаль ытларахăшне илнипех суйланнă тесе шутламалли закон та, коммунистсен партийĕн кандидачĕсене хирĕç реакциллĕ партисем хăйсен блокĕсен кандидачĕсене тăратни те пулăшман. «Се суар» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, коммунистсен партийĕ Республика Совечĕнче хăйĕн 15 вырăнне, хальхи суйлавччен хăйĕн аллинче пулнă вырăнсене, сыхласа хăварнă.

### ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПОЧТА УЧРЕЖДЕНИЙĔСЕН СОЮЗĔН 13-мĕш КОНГРЕСĔ УÇĂЛНĂ

БРЮССЕЛЬ, (ТАСС). Пĕтĕм тĕнчери почта учрежденийĕсен союзĕн 13-мĕш конгресĕ уçăлнă. Конгреса 92 çĕршыв представителĕсем, çав шутра СССР, УССР, БССР тата халăх демократи çĕршывĕсен делегацийĕсем пухăннă.

Конгресс июлĕн 10—12-мĕшĕччен ĕçлет.

## Хамăр республика тăрăх

### „Агитатор блокночĕн" черетлĕ номерĕ

ВКП(б) Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» черетлĕ, 9-мĕш номерĕ пичетленсе тухнă. Унта Я. Федоровăн—«Калчасене пăхса ӳстерес ĕçе кăтартуллă организацилер»; А. Терентьевăн—«Строительство планне ăнăçлă тултарассишĕн» ятлă статьисем пичетленнĕ.

«Малта пыракансен опычĕ» ятлă пайра Н. Никитинăн «Тăпра пахалăхне ӳстерни» ятлă статьи пичетленнĕ.

### Физкультурниксен финалти ăмăртăвĕ

Иртнĕ вырсарникун Сĕнтĕрте республикăри физкультурниксен финалти ăмăртăвĕ пулса иртрĕ. Ăмăрту хĕрачасем 1.000 метра чупнипе пуçланчĕ. Хĕрачасем хушшинче пĕрремĕш вырăна Л. Емельянова (Шупашкар хули) мала тухрĕ; иккĕмĕш вырăна — Р. Иванова (Муркаш районĕ), виççĕмĕш вырăна — Е. Мишенькина (Шупашкар хули) йышăнчĕç.

Арçынсем 5.000 метра чупрĕç. Пĕрремĕш вырăна В. Григорьев (Шупашкар хули) тухрĕ. Иккĕмĕш вырăна—Г. Горбатов (Етĕрне районĕ), виççĕмĕш вырăна—Ю. Кириллов (Шупашкар хули) йышăнчĕç.

Кросра пĕрремĕш вырăна Шупашкар хули, иккĕмĕш вырăна Етĕрне районĕ, виççĕмĕш вырăна Сĕнтĕр районĕ тухрĕç.

### Йывăçсене лайăх пăхса ӳстерессишĕн

Шупашкарта кашни çулах йывăçсем нумай лартаççĕ. Анчах, тирпейсĕр пăхнă пирки, лартнă йывăçсем чылайăшĕ типеççĕ. Çав ситменлĕхе пĕтерес, йывăçсене лайăх пăхса ӳстерес тесе Шупашкар хула Совечĕн исполкомĕ ятарласа постановлени йышăннă.

Постановлени тăрăх предприятисемпе учрежденисен руководителĕсене, коммунальнăй çуртсен комендантчĕсене тата урамсенчи çынсене лартнă йывăçсене лайăх пăхса усрама хушнă. Йывăçсене вăхăтра шăвармалла, йывăç тавра тăпрана чавса кăпкалатмалла. Пĕлтĕр тата кăçал лартнă çамрăк йывăçсене сыхласа усрасси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла.

Хула урамĕсене, йывăçсемпе чечексем лартнă çĕре выльăх-чĕрлĕх кăларма чарнă. Хулари площадьсенче, садсемпе паркенче, бульварсенче, Атăл хĕрринчи сырантра, çавăн пекех Шупашкарпа Канаш хушшинчи çул çинче Шупашкар чугун çул станцийĕ тĕлне çитиччен тата Шупашкарпа Чапаевски поселок хушшинчи çул çинче выльăх-чĕрлĕх çӳретме чарнă.

### Пăрусене аван пăхать

ШАХАСАН. «Гвардеец» колхозра М. Васильева хĕрача фермăра ĕнесем пăхать. Кăçал вăл 10 ĕнерен 10 пăру илнĕ, пăрусем пурте сывă çитĕнеççĕ. Васильева юлташ фермăра пилĕк çул ĕçлет, çак вăхăтра унăн пĕр пăру та вилмен.

Васильева юлташ пăрусене хĕлле вутă хутса ăшăтман витере усрарĕ. Çакă пăрусен организмне çирĕплетме тата чир-чĕрсемпе кĕрешме пулăшать.

Халĕ пăрусем хăвăрт çитĕнеççĕ, хăшпĕрисем вăтам шутпа талăкра 600—800-шер грамм хутшăнаççĕ.

Г. ЛУЧ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ял хуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01351 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.